ПӖТӖМ ТӖНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПӖРЛЕШӖР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВӖ

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Чӑваш обкомӗпе Шупашкар хула комитечӗн тата Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗпе Шупашкар хула Совечӗн хаҫачӗ

1953 ҫул
Март
22
ВЫРСАРНИКУН
№ 60 (8969)
36-мӗш ҫул тухать.
Хакӗ 20 пус.

## Паянхи номерте:

Информациллӗ пӗлтерӳ. Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитет пленумӗ ҫинчен (1 стр.).
Совет Союзӗ тӑрӑх (1 стр.).
Чӑваш АССР Верховнӑй Совет Президиумӗнче (1 стр.).
ПАРТИ ПУРНӐҪӖ: К. Ванюшкин.—Планласси—организациллӗ ӗҫӗн кирлӗ пайӗ (2 стр.).
Л. Поликарпов, Ф. Замятин тата П. Алексеев. — Пурнӑҫа тӗрӗс кӑтартман хаҫат (2 стр.).
Ф. Кузьмин.—Тӗнчен вӗҫӗ те, пуҫламӑшӗ те ҫук (2 стр.).
Ҫуракине тӗплӗн хатӗрленер! (3 стр.).
П. Щипцов.—Докладчик каламан сӑмахсем (3 стр.).
Н. Цветков.—Ял Совечӗ вӑрман хатӗрлес ӗҫре (3 стр.).
П. Запольский.—Хурт-хӑмӑр ӗрчетес ӗҫе вӑйлатассишӗн (3 стр.).
А. Смирнов.—Кашни ик-виҫ ҫыншӑн ӗҫлет (3 стр.).
Д. Бочаров.—Тӗнчери лару-тӑру (4 стр.).
Бундестагра сепаратнӑй ҫар договорӗсене сӳтсе явни (4 стр.).
Корейӑри ӗҫсем (4 стр.).

## Информациллӗ пӗлтерӳ

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн 1953 ҫулхи мартӑн 14-мӗшӗнче пулса иртнӗ Пленумӗ ҫакӑн пек решенисем йышӑннӑ:

1. СССР Министрӗсен Совечӗн Председателӗ Г. М. Маленков юлташ хӑйне КПСС Центральнӑй Комитечӗн Секретарӗн ӗҫӗсенчен хӑтарма ыйтнипе килӗшес.

2. КПСС Центральнӑй Комитечӗн Секретариатне ҫак юлташсене суйлас: Н. С. Хрущев, М. А. Суслов, П. Н. Поспелов, Н. Н. Шаталин, С. Д. Игнатьев.

3. Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Уставӗн 32-мӗш параграфӗпе килӗштерсе, Н. Н. Шаталин юлташа КПСС Центральнӑй Комитечӗн кандидатӗнчен члена куҫарас.

## Ҫуракине irttерме тӗплӗн хатӗрленсе ҫитессишӗн

Республикӑри колхозниксемпе колхозницӑсем, ялхуҫалӑхӗнчи мӗнпур работниксем колхозсен хуҫалӑхне малалла аталантарса пырассишӗн пӗтӗм вӑя хурса ӗҫлеҫҫӗ. Хӗрлӗ площадьри хурлӑхлӑ митингра Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем каланӑ сӑмахсем ҫине ответлесе, СССР Верховнӑй Совечӗн IV-мӗш сессийӗ йышӑннӑ законсемпе тата постановленисемпе хавхаланса, ӗҫхресченӗсем ялхуҫалӑхӗ умӗнче тӑракан задачӑсене ӑнӑҫлӑ татса парас тӗлӗшпе хӑйсен хастарлӑхӗпе ӗҫри паттӑрлӑхне ӳстернӗҫемӗн ӳстерсе пыраҫҫӗ.

Хальхи вӑхӑтра колхозсемпе МТС-сем умӗнче тӑракан чи ответлӑ задача вӑл—ҫуракине пур енӗпе те тӗплӗн хатӗрленсе ҫитесси, ҫапла вара 1953 ҫулта вӑйлӑ тырпул туса илессишӗн кӗрешесси пулать. Нумай колхозсем хӑйсен ҫав пархатарлӑ тивӗҫне чыслӑн пурнӑҫлаҫҫӗ. Ҫавӑн пекех чылай машина-трактор станцисем те ҫуракине тимлӗн хатӗрленеҫҫӗ. Пысӑк тухӑҫлӑ тырпулшӑн сарӑлса пыракан социализмла ӑмӑртӑва Вӑрнар районӗнчи Сталин ячӗпе, Жданов ячӗпе тӑракан, «Большевик», Елчӗк районӗнчи Ворошилов ячӗпе, Чкалов ячӗпе тӑракан, Муркаш районӗнчи Сталин ячӗпе, Энгельс ячӗпе тӑракан, «Красное Сормово» колхозсем тата ытти районсенчи нумай ялхуҫалӑх артелӗсем те активлӑн хутшӑнчӗҫ.

Муркаш районӗнчи Сталин ячӗпе тӑракан артель членӗсем ҫак кунсенче уйрӑмах ҫирӗп те пӗтӗҫуллӗ шухӑш-кӑмӑлпа пурӑнаҫҫӗ. Вӗсем кӑҫал кашни гектартан 100 пӑтран кая мар тӗштырӑ пухса кӗртме сӑмах пачӗҫ. Колхоз ҫураки irttерме сортлӑ вӑрлӑхсем ҫителӗклӗ хатӗрленӗ, хире 4.000 тоннӑна яхӑн тислӗк, 200 тонна торф кӑларнӑ.

Йӗпреҫ МТС-ӗнчи механизаторсем, хӑватлӑ техникӑпа тухӑҫлӑн усӑ курса, кӑҫал колхозсене вӑйлӑ тырпул ҫитӗнтерсе пама обязательство илчӗҫ. Вӗсем хӑйсен сӑмахне хастарлӑ ӗҫпе ҫирӗплетеҫҫӗ. МТС коллективӗ тракторсене тата вӗсенчен кӑкарса ӗҫлемелли машинӑсене республикӑра чи малтан юсаса пӗтерчӗ. Халӗ механизаторсем колхозсене агротехникӑллӑ ӗҫсене пурнӑҫлама пулӑшаҫҫӗ.

Ял ӗҫченӗсен производствӑри ӗҫленӗвӗ кулленкун ӳссе пырать. Анчах ҫакӑ вӑл ялхуҫалӑхне партипе совет тата ялхуҫалӑх органӗсем енчен ертсе пырас ӗҫе вӑйсӑрлатмаллине пӗлтермест. Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗ ялхуҫалӑхӗ умне лартнӑ аслӑ задачӑсене ӑнӑҫлӑн татса пама колхозсемпе МТС-сене тата совхозсене ертсе пырас ӗҫе тӑтӑшах лайӑхлатса, вӑйлатса пыни кирлӗ. Республикӑра юлса пыракан колхозсемпе МТС-сем пур-ха. Партипе совет тата ялхуҫалӑх органӗсен ҫавӑн пек колхозсемпе МТС-сене организаципе хуҫалӑх тӗлӗшӗчен ҫирӗплетесси ҫине уйрӑмах тимлӗн пӑхмалла.

Паянхи задача вӑл—мӗнпур колхозсемпе МТС-сене ҫуракине хӑвӑртрах хатӗрлесе ҫитересси пулать. Паллӑ ӗнтӗ, хальхи вӑхӑтра ҫуракинчи ӑнӑҫлӑха машина-трактор станцисем татса пама тивӗҫ. Анчах та чылай МТС-сем уй-хир ӗҫӗсене тума питех те начар хатӗрленеҫҫӗ. Акӑ, Хӗрлӗ Чутай МТС-не илӗпӗр. Юсама палӑртнӑ тракторсенчен кунта ҫуррине те юсаман-ха. Сеялкӑсемпе культиваторсене, плугсемпе ытти машинӑсене юсасси те питӗ вӑраххӑн пырать. Ӗҫ пахалӑхӗ япӑх. Чылай трактор моторӗсене ӗҫлеттерсе тӗрӗслемев. Ҫавна пулах тракторсем мӗн чухлӗ горючи расходлани паллӑ мар.

Хӗрлӗ Чутай районӗнчи нумай колхозсем ҫуракине хатӗрлеме халӗ те кирлӗ пек тытӑнман. «День урожая», «Заветы Ленина», Мичурин ячӗпе тӑракан артельсенче ялхуҫалӑх инвентарьне юсамаҫҫӗ, вӑрлӑх сортлассине кая хӑварса пыраҫҫӗ. Маленков ячӗпе тӑракан колхозсӑр пуҫне, ыттисенче ӗҫ нормисене пӑхса тухса ҫирӗплетмен.

Тракторсем юсас ӗҫе Калинино, Советски, Урмаӑрт тата ытти чылай машина-трактор станцисенче те япӑх йӗркеленӗ. Ялхуҫалӑх министерствин юлса пыракан МТС-сенче юсав ӗҫне хӑвӑртлатма халех тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнас пулать.

Кашни колхозӑн акма кирлӗ чухлӗ паха вӑрлӑх пулмалла. Ку тӗлӗшпе те пысӑк ҫитменлӗхсем пур-ха. Вӑрлӑха акма юрӑхлӑ тӑвассишӗн уйрӑмах Комсомольски, Первомайски, Елчӗк, Вӑрмар районӗсем ҫителӗксӗр ӗҫлеҫҫӗ. Канаш районӗнчи колхозсен тымарҫимӗҫ тата силос культурисен вӑрлӑхӗсем сахал. Муркаш районӗнчи чылай колхозсен сӗлӗ, хуратул, нумай ҫул ӳсекен курӑк вӑрлӑхӗсем ҫитмеҫҫӗ.

Агротехникӑллӑ ӗҫсен планӗ кирлӗ пек пурнӑҫланса пымасть. Хире тислӗк кӑларас, выӑнти удобренисем пухас тата минераллӑ удобренисем кӳрсе килес енӗпе Шӑмӑршӑ, Куславкка, Йӗпреҫ, Хӗрлӗ Чутай, Комсомольски районӗсем юлса пынине палӑртмалла.

Ҫуракине хатӗрленес ӗҫри ҫитменлӗхсемпе текех ниепле те килӗшсе ларма ҫук. Парти райкомӗсемпе райисполкомсен тата ялхуҫалӑх органӗсен ҫитменлӗхсене хӑвӑртрах пӗтермелле, колхозсемпе МТС-сен руководителӗсене ялхуҫалӑхӗ умӗнче тӑракан задачӑсене татса пама, выӑнти майсемпе резервсене туллинрех мобилизацилеме пулӑшмалла. Ҫуракине хатӗрленес тата ӑна ӑнӑҫлӑ irttерес тӗлӗшпе ялхуҫалӑх специалисчӗсен пуҫарулла ӗҫлемелле. Вӗсен тивӗҫӗ—колхоз производствинче малта пыракан опыта анлӑн сарасси, государство МТС-семпе колхозсене паракан заданисене чыслӑн тултарассишӗн кӗрешесси пулать.

Ҫуракине лайӑх irttересси МТС-сенчи, колхозсенчи ялхуҫалӑх машинисемпе туллин усӑ курнинчен, ӗҫе тӗрӗс организациленинчен килет. Ялхуҫалӑх машинисемпе инвентаре пӗр тӑхтаса тӑмасӑр юсаса пӗтермелле. МТС-сен пур колхозсемпе те договорсене хӑвӑртрах туса ҫитермелле. Ялхуҫалӑх артелӗсен производство планӗсемпе ҫураки ӗҫӗсен планне тӗплӗн шухӑшласа тумалла. Уй-хир бригадисемпе трактор бригадисене ҫирӗплетмелле. Колхозниксене, механизаторсене ӗҫе тӗрӗс вырнаҫтарса тухмалла. Хӑйсен ӗҫне лайӑх пӗлекен трактористсем кирлӗ чухлӗ хатӗрлесси ҫине уйрӑмах тимлӗ пӑхмалла.

Вӑйлӑ тырпулшӑн, общественнӑй вылӑх-чӗрлӗх ӗрчетме лайӑх майсем тӑвассишӗн, колхоз хуҫалӑхне малалла тӗреклетсе пырассишӗн кӗрешесси — мӗнпур колхозниксемпе ялхуҫалӑх работникӗсен хисеплӗ те чыслӑ тивӗҫӗ. Ҫав пархатарлӑ кӗрешӗвӗн ӑнӑҫлӑхне ҫураки татса парать. Парти, совет тата ялхуҫалӑх органӗсен ял ӗҫченӗсен кулленкун ӳссе пыракан ӗҫри хастарлӑхне ҫуракине пур енӗпе те хатӗрленсе ҫитме мобилизацилемелле, ялти политикӑллӑ-массӑллӑ ӗҫе халӗ пӗтӗмпех вӑйлӑ тырпулшӑн пыракан кӗрешӗве пӑхӑнтармалла.

Колхозниксемпе колхозницӑсем, ялхуҫалӑх механизаторӗсем, Тӑван ҫӗршыв хӑвачӗне ырлӑхӗшӗн ывӑнма пӗлмесӗр ӗҫлӗр! Ҫакӑ вӑл пирӗн аттемӗрпе учителӗмӗрӗн Сталин юлташӑн ҫутӑ сӑнарне хисеплесе сума суни пулӗ.

## Машина-трактор станцийӗсенчи ҫӗнӗ техника

ВИТЕБСК, мартӑн 19-мӗшӗ. (ТАСС). Витебск облаҫӗнчи чугун ҫул станцийӗсене Харьковран, Сталинградран, Липецкран, Челябинскран, ҫӗршыври ытти хуласенчен те машинӑсемпе механизмсем нумай килсе тӑраҫҫӗ. Ҫав машинӑсемпе механизмсене машина-трактор станцийӗсем илеҫҫӗ. Машина-трактор станцийӗсен паркӗ дизеллӗ тракторсемпе, самоходнӑй комбайнсемпе, йӗтӗн вӑрлӑхне тасатмалли электромагнитлӑ машинӑсемпе пуянланса пырать.

Ҫӗнӗ машинӑсем колхозсене уй-хир ӗҫӗсене хӑвӑртрах туса irttерме май параҫҫӗ. Кӑҫалхи ҫуркунне колхозсен уй-хирӗсенче дизеллӗ тракторсем, 1950 ҫулхипе танлаштарсан, тӑватӑ хут ытларах ӗҫлемелле пулать. Самоходнӑй комбайнсен хисепӗ 10 хут ытла ӳсет.

Ҫӗнӗ машинӑсемпе ӗҫлеме хӗллехи вӑхӑтра механизаци шкулӗсемпе техникумсенче, МТС-сем ҫумӗнчи курссенче 1.500 ҫынна яхӑн вӗрентсе хатӗрленӗ. Вӗсем трактористсем, комбайнерсем, машинӑпа йӗтӗн татакансем тата ытти специалистсем пулса ӗҫлеме хатӗрленсе ҫитнӗ.

# Совет Союзӗ тӑрӑх

## Навигаци пуҫланнӑ

ЖДАНОВ, мартӑн 19-мӗшӗ. (ТАСС). Жданов портӗнче навигаци пуҫланнӑ. «Местком» теплоход Керчь хулинчен груз тиесе килнӗ. Ҫак пӑрахут Жданов портӗнчен каялла тухса кайнӑ.

Навигацие Жданов портӗнчи работниксем лайӑх хатӗрленсе кӗтсе илнӗ. Крансене, причалсене, механизмсене лайӑх юсанӑ.

Атӑлпа Дон хушшинчи В. И. Ленин ячӗпе тӑракан суднӑсем ҫӳремелли канал уҫӑлнӑ май грузсем турттарасси темиҫе хут ӳсет. Грузсене йышӑнма ятарласа причалсем тунӑ.

Порт ҫӗнӗ механизмсемпе—автопогрузчиксемпе, грейферсемпе, ҫӗклемелли механизмсемпе пуянланнӑ.

## Ҫимӗҫ йывӑҫҫисем лартаҫҫӗ

СУХУМИ, мартӑн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Черноморски шоссен икӗ айккине—200 километр тӑршшӗ ытла вырӑна ҫимӗҫ йывӑҫҫисем лартас ӗҫ пуҫланнӑ. Кӑҫал ҫуркунне кунта груша, персик, улмуҫҫи, слива, гранат, инжир, черешня тата мӑйӑр йывӑҫҫисем 46 пин ытла лартса хӑвараҫҫӗ.

Черноморски шоссе айккине йывӑҫ лартса ӳстерес ӗҫе халӑх анлӑн хутшӑнать. Гудаут районӗнче 12 ялхуҫалӑх артелӗнчи колхозниксем шоссе участокӗ ҫине ӗҫлеме тухнӑ. Вӗсем йывӑҫ лартмалли вырӑнсене тикӗсленӗ тата йывӑҫ лартма шӑтӑксем чавнӑ. Ҫак районти колхозниксем Черноморски шоссе хӗррине груша тата персик йывӑҫҫисем нумай лартнӑ. Абхазири ытти районсенчи колхозниксем те йывӑҫ лартма хутшӑннӑ.

## Усть-Каменогорск гидроэлектростанцине тунӑ ҫӗрте

АБЛАКЕТКА (Хӗвелтухӑҫ Казахстан облаҫӗ), мартӑн 19-мӗшӗ. (ТАСС). Усть-Каменогорск гидроэлектростанцийӗн питӗ пысӑк ҫуртӗнче гидрогенератор вырнаҫтарса лартаҫҫӗ. Компрессор установкисем ӗҫлени илтӗнсе тӑрать, пысӑк крансемпе монтаж площадкине йывӑр детальсем илсе пыраҫҫӗ.

Агрегата вырнаҫтарса лартас ӗҫе графикра тӑрӑх палӑртнинчен икӗ хута яхӑн хӑвӑртрах туса пыраҫҫӗ. Стройка коллективӗ пысӑк хастарлӑхпа ӗҫлет. Ф. Траберг юлташ ертсе пыракан бригада генераторӑн роторне пухать. Ҫак ӗҫе питӗ тӗплӗн тата тимлӗ асӑрхаса туса пымалла пулин те, стахановла коллектив март уйӑхӗнче нормӑна икӗ хут irttерсе тултарса пырать. Юлашки виҫӗ кун хушшинче бригада пӗр эрнери задание пурнӑҫланӑ. Монтажниксен К. Киселев тата И. Костенко ертсе пыракан бригадисем те пысӑк тухӑҫлӑхпа ӗҫлеҫҫӗ. Вӗсем статор пухаҫҫӗ, халӗ ӗнтӗ май уйӑхӗ шучӗпе ӗҫлеҫҫӗ.

## Пӗтӗм тӗнчери ҫамрӑксен эрни

Мартӑн 21-мӗшӗнче пӗтӗм тӗнчери ҫамрӑксен эрни пуҫланчӗ. Пӗтӗм тӗнчери демократиллӗ ҫамрӑксен федерацийӗн секретариачӗ пӗтӗм тӗнчери ҫамрӑк арҫын ачасемпе хӗрачасене ҫак эрнене мире сыхласа хӑварассишӗн, нациллӗ никама пӑхӑнманлӑхшӑн, халӑхсем хушшинчи туслӑхшӑн тата хӑйсен прависемшӗн пыракан кӗрешӳри пӗрлӗхе малалла тӗреклетес лозунгпа irttерме чӗнсе каланӑ. Пӗтӗм тӗнчери демократиллӗ ҫамрӑксен федерацийӗн секретариачӗ ҫавӑн пекех тата мартӑн 22-мӗшӗнче Венӑра уҫӑлакан ҫамрӑксен прависене хӳтӗлемелли Пӗтӗм тӗнчери конференцине хӗрӳллӗн пулӑшма чӗнчӗ.

Ҫак кунсенче пирӗн ҫӗршыври предприятисемпе колхозсенче, учрежденисемпе шкулсенче демократиллӗ ҫамрӑксем миршӗн, ҫӗнӗ вӑрҫа хирӗҫ кӗрешни ҫинчен докладсемпе калаҫусем пулаҫҫӗ.

(ТАСС).

## Паха пуҫару

СТАВРОПОЛЬ, мартӑн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Ставрополь крайӗнчи малта пыракан Либкнехт районӗнчи колхозниксем крайри пӗтӗм ялхуҫалӑх работникӗсене 1953 ҫулта пысӑк тухӑҫлӑ тырпул туса илессишӗн тата общественнӑй вылӑх-чӗрлӗх ӗрчетмелли плана irttерсе тултарассишӗн социализмлӑ ӑмӑрту сарса яма чӗнсе каланӑ. Либкнехт районӗнчи колхозниксемпе механизаторсем кӑҫал кашни гектартан кӗрхи тулӑ 160-шар пӑт пухса кӗртме пулнӑ.

Ӑмӑрту пуҫаракансем — колхозниксемпе механизаторсем тырпул тухӑҫлӑхне ӳстермелли ҫӗнӗ майсем шыраса тупаҫҫӗ, резервсемпе усӑ кураҫҫӗ. Районти колхозсем пурте ҫуртыррисем акмалли уйсене кӗрхи ҫӗртме туса хӑварнӑ, питӗ чаплӑ вӑрлӑх хатӗрленӗ, вӑрлӑхсене акма юрӑхлӑ туса ҫитернӗ. Ӗҫ планӗсенче малта пыракан агротехника комплексне пӗтӗмпех пурнӑҫлама палӑртнӑ. Районти виҫӗ МТС-ра пур трактор бригадисенче те кадрсем икӗ сменӑпа ӗҫлемелӗх тупса ҫитернӗ. Трактористсем уйри стансене тухса кайнӑ.

Либкнехт районӗнчи колхозниксемпе механизаторсем иртнӗ ҫулта та крайра вӑйлӑ тырпулшӑн социализмлӑ ӑмӑрту пуҫаракансем пулнӑ. Вӗсем хӑйсен обязательствине чыслӑн пурнӑҫланӑ, районти нумай колхозсем кашни гектартан тӗштырӑ 130—140 пӑт пухса кӗртнӗ.

## Донбасс Днепр ҫинчи аслӑ стройкӑна пулӑшать

СТАЛИНО, мартӑн 19-мӗшӗ. (ТАСС). Каховка гидроузелне тӑвакансем строительство ӗҫне малтан палӑртнинчен пӗр ҫулталӑк хӑвӑртрах туса ҫитерме пулчӗҫ. Ҫакна Донбасри ӗҫҫыннисем те хӑйсен обязательстви вырӑнне йышӑнчӗҫ. Хисеплӗ заказсене пурнӑҫлакан пур предприятисенче те рабочисем, инженерсемпе техниксем аслӑ стройка валли метал, оборудовани тата строительство материалӗсем хӑвӑртрах ярса пама пулчӗҫ.

«Азовсталь» заводри Шувалов юлташ мастер пулса ӗҫлекен смена паян Днепр ҫинчи стройка валли хурҫӑ юпасен юлашки ушкӑнне туса панӑ. Ҫапла унӑн смени март уйӑхӗнчи заказа пӗтӗмпех пурнӑҫласа ҫитернӗ. Хурҫӑ юпасене прокат тунӑ чухне прокат цехӗн коллективӗ агрегатсене пӗр минут та ахаль тӑратмасӑр ӗҫленӗ. «Азовсталь» заводри металлургсем кӑҫалхи пӗррремӗш кварталта днепростроевецсене срокчен малтан 7 пин тонна хурҫӑ юпасем ярса панӑ. Строительсем май уйӑхӗ валли панӑ заказа пурнӑҫласа, пысӑк рельссем пӗр ушкӑн туса панӑ.

Макеевкӑри, Краматорскри тата Енакиевӑри металлургсем аслӑ стройкӑсен пӗррремӗш кварталти заказӗсене срокчен пурнӑҫланӑ. Ҫавӑн пекех Харцызскри труба тӑвакансем, Краматорскри шифер заводӗн коллективӗ тата ытти чылай предприятисем те аслӑ стройкӑсен заказӗсене срокчен пурнӑҫласа ҫитернӗ. Славянскри строительство машинисем тӑвакан завод коллективӗ Каховка гидроэлектростанцине иккӗмӗш квартал шучӗпе бетон парса тӑракан механизмсем пилӗк комплект туса панӑ.

## Малта пыракансен опычӗпе паллашаҫҫӗ

ИЛУКСТЕ (Даугавпилс облаҫӗ). Кунта йӗтӗн акса тӑвакансен районти канашлӑвӗ пулнӑ. Илуксте районӗнчи колхозниксене хӑйсен опычӗпе паллаштарма канашлӑва Калинин облаҫӗнчи Бежецк районӗнчи Ильич ячӗпе тӑракан колхозри звеньевойсем—пысӑк тухӑҫлӑ йӗтӗн туса илекен Социализмлӑ Ӗҫ Геройӗсем А. Т. Королева тата Е. И. Нилова юлташсем пынӑ.

Королева тата Нилова юлташсен звенисем иртнӗ ҫулта кашни гектартан 8-шар центнер йӗтӗн сӳсӗ туса илнӗ. Илуксте районӗнчи «Земгала» ялхуҫалӑх артелӗнчи звеньевой Галван юлташ та ҫавӑн пекех пысӑк тухӑҫлӑ йӗтӗн ӳстернӗ. Йӗтӗн акса тӑвас ӗҫре малта пыракансем агротехника ӗҫӗсене мӗнле пурнӑҫлани ҫинчен каласа панине канашлура пулнисем интересленсе итленӗ.

Илуксте районӗнчи йӗтӗн акса тӑвакансем йӗтӗн акнӑ пӗтӗм ҫӗр ҫинче кашни гектартан 5-шер центнер йӗтӗн сӳсӗ тата 4,5-шер центнер йӗтӗн вӑрри туса илме пулнӑ. (ТАСС).



55 ҫул ӗлӗкрех Ленинградра Вырӑс музейӗ уҫӑлнӑ. Музей живопись, скульптура, графика произведенийӗсене питӗ нумай пухнӑ. Кунта темиҫе пин экспонат шутланать. Вӗсен шутӗнче—вырӑссен питӗ паллӑ художникӗсем Репин, Брюллов, Крамской, Венецианов, Куинджи, Шишкин, Федотов, Айвазовский, Суриков тата ытти нумай художниксем ӳкернӗ картинӑсем пур. Музей чи лайӑх совет мастерӗсен произведенийӗсене те пухнӑ.

Вырӑс музейне кашни ҫул ҫӗршер пин ҫын пырса курать.

ӲКЕРЧӖК ҪИНЧЕ: Вырӑс музейӗн Колоннӑллӑ залӗнче. А. МИХАЙЛОВ фотоӳкерчӗкӗ (ТАСС фотохроники).

## Чӑваш АССР Верховнӑй Совет Президиумӗнче

1953 ҫулхи мартӑн 19-мӗшӗнче Чӑваш АССР Верховнӑй Совет Президиумӗн ларӑвӗ пулчӗ.

Президиум Чӑваш АССР-ӗнче ӗҫҫынни депутачӗсен выӑнти Совечӗсен суйлавӗсен итогӗсене; суйлав кампанийӗ вӑхӑтӗнче суйлавҫӑсем панӑ наказсемпе сӗнӳсене пӗтӗҫтерес ӗҫ Канаш районӗнче тата Канаш хулинче мӗнле пыни ҫинчен, ҫавӑн пекех ытти ыйтусене пӑхса тухрӗ.

Президиум Чӑваш АССР-ӗнче выӑнти Советсен суйлавӗсем йӗркеллӗ иртнине, суйлавҫӑсен политикӑллӑ активлӑхӗ пысӑк пулнине, пур участоксенче те суйлава Чӑваш АССР Конституцийӗпе суйлав законне пӑхӑнса irttернине палӑртрӗ.

Выӑнти Советсене суйланнӑ депутатсем хушшинче СССР, РСФСР тата Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗсен 54 депутачӗ, Совет Союзӗн Геройӗсем улттӑ ҫын, Социализмлӑ Ӗҫ Геройӗсем вунӑ ҫын, «Ача амӑшӗ-геройня» хисеплӗ ята илнисем виҫӗ ҫын, Сталинла премии лауреачӗ пӗр ҫын, ученӑй степень илнисем тӑватӑ ҫын, СССР орденӗсемпе медалӗсене илнисем 6.772 ҫын.

Президиум выӑнти Советсен суйлавӗ ҫинчен ҫырса хатӗрленӗ статистика отчетне ҫирӗплетрӗ.

Президиум ӗҫҫынни депутачӗсен район, хула, ял тата поселок Совечӗсен исполкомӗсен председателӗсене Советсен сессийӗсене яланах йӗркеллӗ, Чӑваш АССР Конституцийӗн 56-мӗшпе 57-мӗш статьисенче палӑртнӑ срокӗсенче irttерме хушрӗ. Исполкомсен малтанхи кунранах пур депутатсене те Советсен практикӑллӑ ӗҫне хутшӑнтармалла. Депутатсен хӑйсен суйлавҫисемпе тачӑ ҫыхӑну тытмалла, яланхи комиссисенче активлӑ ӗҫлемелле.

Президиум ҫакна палӑртрӗ: Канаш хула Совечӗпе Канаш район Совечӗн исполкомӗсем суйлавҫӑсен наказӗсемпе сӗнӗвӗсене пӗтӗҫтерес енӗпе чылай ӗҫсем туса irttернӗ. Канаш хулинче суйлав умӗнхи пухусенче, кандидатсемпе тӗл пулмалли пухусенче суйлавҫӑсем наказсемпе сӗнӳсем 150 ытла панӑ. Хула Совечӗн исполкомӗ ҫав наказсемпе сӗнӳсене шута илнӗ, исполкомӑн хӑш пайӗ мӗнле наказа пурнӑҫлас тӗлӗшпе ӗҫлемеллине, хӑш наказа хӑҫан пурнӑҫламаллине палӑртнӑ. Вӑраха ямасӑр пурнӑҫлама тытӑнмалли наказсем ҫинчен исполком хӑйӗн ларӑвӗнче сӳтсе явнӑ.

Канаш районӗнче суйлав умӗнхи пухусенче суйлавҫӑсем 170 ытла тӗрлӗ наказсемпе сӗнӳсем панӑ. Район Совечӗн исполкомӗ ҫав наказсемпе сӗнӳсене пӗтӗҫтернӗ, вӗсем ҫинчен хӑйӗн ларӑвӗнче сӳтсе явнӑ. Анчах районта ҫак ӗҫ енӗпе пысӑк ҫитменлӗхсем пур. Сӑмахран, Асхва ял Совечӗнчи 15 суйлав округӗ пулнӑ пулсан, ҫав округсенче кашнинчех суйлавҫӑсем кандидатсемпе тӗл пулмалли пухусем пулса иртнӗ. Анчах пӗр пухура та суйлавҫӑсем мӗн каланине ҫырса хуман.

Чӑваш АССР Верховнӑй Совет Президиумӗ Канаш хулинчи тата Канаш районӗнчи суйлавҫӑсен пӗрлештерсе ҫырнӑ наказӗсене кӗнекесем туса кӑларма, ҫав кӗнекене республикӑри район, хула, ял тата поселок Совечӗсене ярса пама йышӑнчӗ.

Президиум Канаш хула Совечӗн исполкомне пӗрлештерсе ҫырнӑ наказсене март уйӑхӗн вӗҫӗнче пухӑнмалли сессире сӳтсе явма кирлине кӑтартса пачӗ. Канаш райисполкомне суйлавҫӑсен наказӗсене ял Совечӗсен сессийӗсенче сӳтсе явас ӗҫе организацилеме хушрӗ. Ҫавӑнпа пӗрлех Президиум Канаш райисполкомне суйлавҫӑсен сӗнӗвӗсене пурнӑҫлас тӗлӗшпе мӗнле конкретлӑ ӗҫсем тумаллине палӑртма, ял Советсен ӗҫне лайӑхлатма мерӑсем йышӑнма, наказсемпе сӗнӳсем мӗнле пурнӑҫланса пынине тӑтӑшах тӗрӗслесе тӑма хушрӗ. Райисполкомӑн тата ял Совечӗсен хӑйсен ӗҫ планӗсене тунӑ чухне суйлавҫӑсен наказӗсемпе сӗнӗвӗсене шута илмелле, вӗсене кулленхи ӗҫре хӑвӑртрах пурнӑҫлама тӑрӑшас пулать.

Наказсене пурнӑҫлама Советсен яланхи комиссийӗсене, депутатсене тата совет активне ытларах хутшӑнтармалла. Депутатсене Совет тата исполком решенийӗсемпе вӑхӑтра паллаштармалла, вӗсене суйлавҫӑсем хушшинчи ӗҫе организацилеме пулӑшмалла. Наказсене пурнӑҫлас ӗҫ мӗнле пыни ҫинчен депутатсен суйлавҫӑсен пухӑвӗсенче отчетсем туса памалла. Суйлавҫӑсен наказӗсене пурнӑҫлас ӗҫ мӗнле пынине хаҫатсем ҫинче сутатмалла.

## Тивӗҫе чыслӑн пурнӑҫлаҫҫӗ

ЕЛЧӖК. Хатӗрлев агенчӗсем Н. Павловпа Галяутдинов юлташсем 1952 ҫулта хӑйсен участокӗсенче аш-какай, сӗт-ҫу, ҫӑмарта, ҫӑм тата брынза хатӗрлемелли плана срокчен irttерсе тултарчӗҫ.

Павлов юлташ ӗҫлекен участокра государствӑна вылӑх-чӗрлӗх продукчӗсем парасси кӑҫал та аван пырать. Мичурин ячӗпе тӑракан колхоз аш-какай памалли ҫулталӑкри плана 48 процент, «Вперед» колхоз сӗт-ҫу памалли плана 50 процент ытла пурнӑҫланӑ. В. ЕРТМАКОВ.

# ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## Планласси—организациллĕ ĕçĕн кирлĕ пайĕ

Партиллĕ-политикăллă тата организациллĕ ĕçсен ăнăçлăхĕ парти комитечĕсем малашлăха курса, ĕçе план тăрăх йĕркеленинчен нумай килет. Парти райкомĕсен конкретлă та тĕплĕн шутласа тунă планĕ пуçламăш парторганизацисене кулленхи ĕçре тĕрĕс ертсе пыма пулăшать, çапла вара умра тăракан хуçалăхпа политикăллă задачăсене вăхăтра пурнăçлама май парать.

Партиллĕ ĕçе планлас тĕлĕшпе КПСС Канаш райкомĕн ĕçĕнчи хăшпĕр лайăх енсене кăтартса пама пулать. Парти райкомĕ ĕç планĕ тăвассине тата плана пурнăçлассине яланах тенĕ пек пысăка хурса хаклать.

Райком секретарĕ çитес уйăхри ĕçсен планне тăвас умĕн пайсен заведующийĕсен канашлăвне ирттерет, райкомăн ответлă работникĕсене партин çӳлте тăракан органĕсен юлашки решенийĕсемпе паллаштарать, умра тăракан задачăсем çинчен каласа парать. Вăл канашлусенче райком работникĕсем умра тăракан задачăсене пурнăçламалли майсем çинчен сӳтсе яваççĕ.

Пĕтĕмĕшле задачăсене палăртнă хыççăн райком пайĕсен заведующийĕсем инструкторсемпе пĕрле пухăнса конкретлă ĕçсене палăртаççĕ, хуçалăхăн тĕрлĕ отраслĕсене мĕнле пулăшмаллине палăртса план тăваççĕ. Райкомăн пайĕсем тунă плансене партипе профсоюз тата комсомол организацийĕсен пайĕнче пăхса тухса пĕтĕçтереççĕ. Юлашкинчен, секретарьсем пăхса тухнă хыççăн, çитес уйăхра тумалли ĕçсен çав планне райком бюровĕнче сӳтсе явса çирĕплетеççĕ.

Паллах ĕнтĕ, райком туса ирттермелли мĕнпур ĕçсене плана кĕртме май çук. КПСС Канаш райкомĕ планра, пуринчен малтăн, тĕп вырăн йышăнса тăракан конкретлă ĕçсене палăртать. Уйăхри ĕç планĕнче пленумсемпе бюро ларăвĕсем, парти активĕ валли ирттермелли лекцисем, пуçламăш парторганизаци секретарĕсен семинарĕсем, канашлусем тĕп вырăн йышăнаççĕ. Райком вăл ĕçсене тумалли конкретлă сроксене те палăртса хурать. Тунă плана пурнăçлама çийĕнчех мĕнпур вăя мобилизацилет.

Кăçалхи январь уйăхĕнче райком организациллĕ ĕçсене лайăхлатассипе пĕрлех ĕççыннисем хушшинче политикăллă агитацие пропагандăна вăйлатма тĕллев лартрĕ. Вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленнĕ май ĕççыннисем хушшинчи политикăллă-массăллă ĕçе вăйлатма райком сахал мар вăй хучĕ, ку тĕлĕшпе планра палăртнă ĕçсене пурнăçларĕ.

Райком планĕ тăрăх, кăçалхи январĕн 12-мĕшĕнче выльăх-чĕрлĕх пăхакансен районти канашлăвне ирттерчĕç. Выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçре малта пыракансем канашлура хăйсен паха опычĕпе паллаштарчĕç, ĕçе лайăхлатмалли майсене кăтартса пачĕç. Куйбышев ячĕпе тăракан колхозри доярка М. Иванова юлташ 1952 çулта хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен мĕнле майпа 1.600-шер литр сĕт суса илни çинчен тĕплĕн каларĕ. Вăл кăçал вăтам шутпа кашни сăвакан ĕнерен 2.000-шер литртан кая мар сĕт суса илме обязательство илчĕ. Тухса калакан ытти работниксем те выльăх-чĕрлĕх шучĕпе унăн тухăçлăхне чылай ытларах ӳстерме сăмах пачĕç. Выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçри работниксем ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе пысăк обязательствăсем илчĕç. Парти райкомĕ выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри работниксен, колхозниксен вăйне çак хисеплĕ обязательствăсене пурнăçлама мобилизацилет. Выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе тумалли ĕçсене парти райкомĕ çитес уйăхри плансене те кĕртрĕ.

Колхозсенчи пуçламăш парторганизацисен ĕçне вăйлатас ыйту райком планĕнче яланах тĕп вырăнта тăрать. Иртнĕ çулхи плансем тăрăх парти райкомĕ 12 пуçламăш парторганизаци отчечĕсене итлерĕ. Çакăн хыççăн райком колхозсенчи парторганизацисене пулăшас тĕлĕшпе организациллĕ чылай ĕçсем туса ирттерчĕ. Сăмахран, Доронин ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци ĕçĕ çинчен сӳтсе явнă хыççăн райком парторганизацие практикăллă пулăшу пама Михайлов инструктора ячĕ. Парти райкомĕн инструкторĕ Михайлов юлташ колхозра чылай вăхăт пулчĕ, парторганизацие ĕç планĕ тума, агитколлектив ĕçне лайăхлатма, партиллĕ-организациллĕ ĕçе вăйлатма пулăшрĕ.

Доронин ячĕпе тăракан колхоз, парти райкомĕн бюровĕ иртнĕ çулхи октябрь уйăхĕнче йышăннă çак решенине пурнăçласа, партиллĕ-политикăллă ĕçе тĕпренех лайăхлатма пултарчĕ. Колхозри агитаторсем артель членĕсене партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисене тĕплĕн ăнлантарса пама тăрăшрĕç. Парторганизаци коммунистсен ĕçри авангардлă рольне ӳстерсе пычĕ, организациллĕ ĕçсене вăйлатрĕ.

Парти райкомĕ коммунистсен тата ертсе пыракан кадрсен политикăллă пĕлĕвне ӳстерес тĕлĕшпе тумалли ĕçсене тăтăшах плана кĕртет. Парти историне вĕренмелли кружоксемпе политшкулсен ĕçĕ çинчен, марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсен ĕçĕсем çинчен райком бюро ларăвĕсенче час-часах сӳтсе явать.

Райком членĕсем тата районти партактив райком ĕçне планлассине лайăхлатас тĕлĕшпе пысăк пулăшу параççĕ. КПСС райкомĕ план тунă чухне пленумсемпе активсенче тухса калакан юлташсен сĕнĕвĕсене тĕплĕн шута илме тăрăшать. Сăмахран, райкомăн IV-мĕш пленумĕнче райком членĕсем районти парторганизацин комсомола ертсе пырас ĕçе вăйлатма кирлине палăртнăччĕ. Парти райкомĕн бюровĕ çак сĕнĕве çитес уйăхри ĕç планне кĕртсе çирĕплетрĕ. Райком партипе профсоюз тата комсомол организацийĕсен пайне парторганизацисем комсомол организацийĕсен ĕçне мĕнле ертсе пынине тĕплĕн тĕрĕслеме хушрĕ. Тĕрĕслӳ ĕçне райком членĕсем те активлă хутшăнчĕç. Парти райкомĕ тĕрĕслӳ материалĕсене сӳтсе явма V-мĕш пленума ятарласа ыйту лартрĕ.

Парти райкомĕ колхозсемпе предприятисенчи тата учрежденисенчи пуçламăш парторганизацисене те ĕçе план тăрăх туса пыма вĕрентет. Райком работникĕсем парторганизацисенче тăтăшах пулаççĕ, вĕсен руководителĕсене ĕç планĕсем тума, плана тата йышăннă решенисене пурнăçлама вĕрентеççĕ

Планлас тĕлĕшпе лайăх тĕслĕхсем кăтартнипе пĕрлех, КПСС Канаш райкомĕн ĕçĕнче çитменлĕхсем пуррине те манмалла мар. Райком планĕнче гĕрлĕрен ларусемпе пухусем тата канашлусем ытларах вырăн йышăнса тăраççĕ Райком çитес уйăхри ĕç планне тунă чухне иртнĕ уйăхри планри ĕçсем пурнăçланнипе пурнăçланманнине, пулнă çитменлĕхсене тĕплĕн шута илмест.

Парти райкомĕн, планлас ĕçри çитменлĕхсемпе йăнăшсене пĕтерес тесен, хăйĕн ĕçĕ çине вичкĕнрех те критикăллăрах пăхмалла, хуçалăхпа политикăллă ĕçсене тума пĕтĕм вăйсене мобилизацилемелле.

К. ВАНЮШКИН.

## Партипе государство дисциплинине çирĕплетессишĕн

КПСС Шăхасан райкомĕн çак кунсенче пулса иртнĕ пленумĕ райком секретарĕ М. Родионов юлташ «Районта партипе государство дисциплини мĕнле тăни çинчен» тунă доклада сӳтсе иврĕ.

Докладчик тата пленумра тухса каланă юлташсем районта партипе государство дисциплини çӳлĕ пусăмра тăманни, çавна пула район чылай ĕçсем енĕпе юлса пыни çинчен каларĕç.

Партипе правительство ялхуçалăх енĕпе кăларса тăратнă задачăсене колхозсемпе МТС çителĕклĕ пурнăçа кĕртсе пымаççĕ. Иртнĕ çул районти пĕр колхоз та тырпул пухса илмелли плана пурнăçламан. «Вперед», «Память Ильича», «Дружба» колхозсем çак енĕпе уйрăмах начар ĕçленĕ. Паян куна çитсе те авăн çапса пĕтермен колхозсем те пур-ха. Çуракине хатĕрленесси начар пырать; нумай колхозсенче хĕллехи агротехника мероприятийĕсене пурнăçламаççĕ, хăшпĕр колхозсенче акма вăрлăх çитмест. Иртнĕ çул выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тата унăн тухăçлăхне ӳстерес ĕçре те пысăк çитменлĕхсем пулнă. Государство планне сурăхсем енĕпе анчах пурнăçланă. Иртнĕ çулхи çитменлĕхсенчен тивĕçлĕ вывод туман, выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарас ĕçе лайăхлатмалли пур мерăсене те йышăнман. Нумай колхозсенче ĕç дисциплини начар.

МТС çулталăкри ĕç планне пĕтĕмĕшпе илсен пурнăçланă пулин те, çуртырисем акас, тырпула комбайнпа пуçтарас тата ытти хăшпĕр ĕçсем енĕпе плана тултарман. Машина-трактор станцийĕ йывăр ĕçсене механизацилес енĕпе те çителĕксĕр ĕçлет-ха.

Пленумра Кузьмин, Ефремов юлташсем ялхуçалăх ĕçĕпе ертсе пыракансем, чылай пуçламăш парторганизаци секретарĕсем, колхоз председателĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем ялхуçалăх ĕçĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе сӳрĕккĕн ĕçлени çинчен каларĕç. КПСС райкомĕ çак енĕпе руководительсен ответлăхне тата дисциплинине çирĕплетме кирлĕ мерăсем йышăнмасть, ку енĕпе йышăннă решенисем пурнăçа кĕнине тĕрĕслессине тивĕçлине хаклаmасть

Районта партипе государство дисциплини начар тăнине вăрман касса хатĕрлес, турттарса кăларас ĕçсем япăх пыни те лайăх кăтартса парать. Ку енĕпе стахановла уйăхлăхра та кирлĕ пек улшăну пулмарĕ. Тухса калакансем çав ĕç япăх пынăшăн чи малтанах парти райкомĕн бюровĕпе райсовет исполкомĕ айăплине кăтартса пачĕç.

Парти органĕсем йышăннă решенисене пурнăçлас ĕçре те пысăк çитменлĕхсем пур. Чылай парторганизацисем, çав шутра парти райкомĕн бюровĕ те, решенисене ячĕшĕн кăна йышăнаççĕ, вĕсем мĕнле пурнăçа кĕрсе пынине тĕрĕслемеççĕ. Райкомăн ертсе пыракан работникĕсем, чи малтанах унăн пĕрремĕш секретарĕ Родионов юлташ, йышăннă решенисене пурнăçламалли çинчен пухусемпе канашлусенче калаçнипех ирттерсе яраççĕ, çак ĕçе куллен йĕркелесе пырас тĕлĕшпе нимех те тумаççĕ. Партиллĕ-организациллĕ ĕç кирлĕ вырăнта тăмасть.

Пленум партипе государство дисциплинине пăхăнас енĕпе парти райкомĕн тата райсовет исполкомĕн ертсе пыракан чылай работникĕсем пример кăтартманнине палăртрĕ. Çакă вăл КПСС райкомĕ кадрсемпе начар ĕçленинчен, работниксене вырнаçтарас тата воспитани парас ĕç çине çителĕксĕр пăхнинчен килет. Кăçалхи январь уйăхĕнче ĕçре лайăх енчен палăрман, малтан та дисциплинăна пăснă çынна Назарова райком инструкторĕ пулма çирĕплетнĕ. Темиçе кун иртнĕ хыççăнах вăл ĕçе ӳсĕрĕлсе киревсĕр ĕç тунă. Парти райкомĕн секретарĕ Родионов юлташ, Назаров пирки çирĕп мерăсем йышăнас вырăнне, ăна хӳтĕлеме пăхнă. Родионов юлташ çине тăнипе райкомри пуçламăш парторганизаци пухăвĕнче Назарова çăмăл наказани кăна панă. КПСС обкомĕн работникĕсем хутшăнни хыççăн тин Назаров çинчен райком бюровĕн ларăвĕнче сӳтсе явса, ăна ĕçрен кăлармалла тунă.

Кун пек тĕслĕхсем нумай. Маленков ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Тимофеев юлташ кадрсене политика енчен тĕрĕслесе, ĕçри пултарулăха шута илсе лартманни, çавна пула ответлă ĕçсене тивĕçлĕ мар çынсене лартни халĕ те пурри çинчен каларĕ.

Çакăн пек çитменлĕхсем идеологиллĕ ĕçе хакламаннинчен те нумай килеççĕ. Районта чылай кружоксемпе политшкулсем çителĕксĕр ĕçлеççĕ, нумай коммунистсем хăйсен пĕлĕвĕсене ӳстерес ĕçе хакламаççĕ. Агитациллĕ-массăллă ĕç те çителĕксĕр пулса пырать. Парти райкомĕн секретарĕсем, уйрăмах çак енĕпе ĕçлекен Кузнецов юлташ, идеологиллĕ ĕçе хакламаççĕ, çак кирлĕ те пархатарлă ĕç хăй тĕллĕн пуласса шанаççĕ.

Пренире тухса каланă юлташсем районти парти организацийĕнче критикăпа самокритика питĕ начар саралнине, уйрăмах аялтан килекен критика çителĕксĕр вырăнта тăнине палăртрĕç. Чăнах та, ертсе пыракан юлташсем чылайрах критиклеççĕ, аялтан килекен критика питĕ сахал пулать. Ертсе пыракан юлташсем аялтан килекен критикăна анлăн сарса яма условисем туса пама шутламаççĕ. Пачах урăхла, КПСС райкомĕн секретарĕсем Родионов тата Кузнецов юлташсем критикăна хăйсем те юратмаççĕ. Сăмахпа критика усси çинчен калаççаççĕ, ĕçре вара вуçех урăхла. Вĕсем хăйсене кăшт кăна критиклесе каласан та хирĕççе каяççĕ, критикăпа самокритика ĕçри çитменлĕхсемпе кĕрешмелли хăватлă вăй пулса тăнине ăнланмаççĕ пулас. Агитациллĕ-массăллă тата пропаганда ĕçĕсем питĕ çителĕксĕр тесе каланине Кузнецов юлташ çак критика унран кулни пулать тесе хаклать. Пленумра тухса калакансем парти райкомĕн секретарĕсем партире икĕ дисциплина çуккине, пуриншĕн те пĕр пек дисциплина пулмаллине ĕçре кăтартманни тата парти дисциплинине хăйсем час-часах пăсни çинчен каларĕç.

Пленума пуçтарăннă юлташсене Родионов юлташ критикăна тивĕçлипе хакламанни, ăна тĕрĕс мар ăнланни тĕлĕнтерчĕ. Родионов юлташ, хăйне критиклекен юлташсене ответлесе, акă мĕн каласа хучĕ:

— Эсир мана критикăна юратмасть, хĕсет тетĕр пулсан, мана вырăнтан кăларма пултаратăр,—терĕ.

Çакăн пек калаçни вăл критикăпа самокритикăна анлăн сарса ярас ĕçре чăрмав кӳме çеç пултарать.

Пренире 12 çын тухса каласрĕ. Пленумра Чăваш обкомĕн парти, комсомол тата профсоюз органĕсен пайĕн заведующийĕ Талдыкин юлташ пулчĕ.

Сӳтсе явнă ыйту тăрăх пленум тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

П. ЯКОВЛЕВ.

*Хаçатсем çинчен вулакансем мĕн калаççĕ*

## Пурнăçа тĕрĕс кăтартман хаçат

Сĕнтĕр районĕнчи «Ĕç ялавĕ» хаçат партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлесе пырать. Ку вăл хаçат страницисем çинче тĕрĕс мар заметкăсем тухнинчен те курăнать.

Хаçатăн январĕн 22-мĕшĕнче тухнă номерĕнче Кăпас ял Советĕнчи ĕççыннисен пухăвĕ çинчен çырнă. Хаçат çапла çырать: «Пухура Л. Чĕлышкин, В. Питернова, А. Атачкина, В. Овчинников юлташсем сăмах тухса каларĕç». Анчах ĕçĕ апла пулман вара. Пуху кăнтăрла пулса иртнĕ. Леонид Иванович Челышкин, Валентина Степановна Питернова, Александра Димитриевна Атачкина, Валентин Никифорович Овчинников учительсем ачасене вĕрентсе пĕтерсе шкултан тухиччен пуху пĕтнĕ те. Асăннă юлташсенчен пухура пĕри те пулайман. Пухăва пыман çынсем пухура сăмах тухса каланă иккен. Питĕ тĕлĕнмелле.

Тепĕр тĕслĕх илер. Хаçатăн февралĕн 1-мĕшĕнче тухнă номерĕнче пичетленнĕ «Вулав çурчĕ суйлав умĕн» ятлă заметкăра çакăн пек предложенисем пур: «Кăпас вулав çурчĕ хăйĕн ĕçне лайăхлатсах пырать... Вулав çуртĕнче лекцисемпе докладсем те йĕркеллĕх пулаççĕ... Çавăн пекех çамрăк суйлавçăсен вечерĕсем часчасах пулаççĕ». Çамрăк суйлавçăсен вечерĕсем «час-часах» пулни çинчен «Ĕç ялавĕ» хаçат хăйне хăй панă сведенисемпе усă курса çырнă пулас, мĕншĕн тесен Кăпас ял Советĕнче çамрăк суйлавçăсен вечерĕ мĕн пурĕ те пĕрре çеç—январĕн 24-мĕшĕнче пулнă.

Хаçатăн февралĕн 6-мĕшĕнче тухнă «Мухтава тивĕçлĕ доярка» заметкинче «Анастасия Павловна Долгова иртнĕ çулта тăрăшса ĕçлесе кашни сăвакан ĕнерен 1.100 литр сĕт суса илмелле пулнă вăл, вăл 1.200-шер литр суса илнĕ», тенĕ. Хаçатăн тепĕр номерĕнче тухнă «Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малта пыракансем» статьяна вуласан «А. П. Долгова доярка кашни сăвакан ĕнерен 1.110 литр сĕт суса илнине» пĕлетпĕр. Хăшĕ тĕрĕс?

Хаçат корреспондентсен заметкисен ячĕсене е содержанине улăштарса çырса, час-часах заметкăсен хакне чакарать, хăшпĕр чухне тата, редакцие пыракан заметкăсене тĕрĕслемесĕр пичетлесе, вулакансене тĕлĕнтерет. Унăн 14-мĕш номерĕнче пичетленнĕ «Суйлав умĕнхи ăмăртура» ятлă заметкăра çуракине хатĕрленес енĕпе суйлав кунĕ тĕлне нимĕн те туман «Заря» колхоз çинчен: «Колхоз членĕсем суйлав умĕнхи кунсенче нихçанхи пек мар пысăк тимлĕхпе ĕçлеççĕ, вăйлă тырпулшăн пыракан кĕрешĕве кунтан-кун вăйлатса пыраççĕ», тесе çырнă.

Хаçат Г. Лукояновăн «Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри ӳсĕмсем» ятлă заметкине тĕрĕслемесĕр пичетлесе йăнăш тунă. Г. Лукоянов заметкинче çапла çырнă: «Пăрусем пăхакан З. Кольцова 53 пăрăва тĕрĕс-тĕкел пăхса çитĕнтерчĕ». Хаçатăн 12-мĕш номерĕнче: «З. Кольцова—Жданов ячĕпе тăракан колхозри телятница, хăйне çирĕплетсе панă 46 пăрăва пурне те пăхса çитĕнтернĕ» тенĕ.

Çакăн пек йăнăшсем «Ĕç ялавĕ» хаçат страницисем çинче татах курма пулать. Эпир «Ĕç ялавĕ» хаçат (редакторĕ А. Е. Соловьев) малалла пурнăçа тĕрĕс кăтартса çырĕ, тесе шутлатпăр.

Л. ПОЛИКАРПОВ.

* * *

КПСС Сĕнтĕр райкомĕпе ĕççынни депутачĕсен район Совечĕн «Ĕç ялавĕ» хаçачĕ (редакторĕ А. Е. Соловьев) çинче час-часах грамматикăллă йăнăшсем пулаççĕ тата цифрăсене тĕрĕслемесĕр пичетлеççĕ.

Мартăн 5-мĕшĕнче тухнă номерти умстатьяри 4-мĕш абзацра Третьяков вырăнне Третяков тесе пичетленĕ, «Кремльти» тес вырăнне «Кремьлти» тенĕ. Çав номертех «Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ—мартăн 8-мĕшĕ çинчен» ятлă статьян иккĕмĕш колонкинчи пĕррмĕш абзацĕнче «депутачĕсем» тес вырăнне «депудачĕсем» тесе пичетленĕ. Иккĕмĕш страницăри П. Осипов юлташ çырнă «Кивĕ тимĕртăмăра пухса государствăна парар» ятлă статьяра та йăнăшсем чылай.

Мартăн 7-мĕшĕнче тухнă номерти иккĕмĕш страницăра «Уй-хире ытларах удобрени» ятлă статья пичетлесе кăларнă. Ку статьяра (авторĕ паллă мар) асăннă тĕслĕхсенчен чылайăшĕ тĕрĕс мар. Чи малтанах Суворов ячĕпе тăракан колхоз иртнĕ çулхи март уйăхĕнчепе Хачăк ял Советĕнче мар, Ахманей ял Советĕнче шутланать. Малалла статьяра «30 тонна минераллă удобрени кӳрсе килнĕ» тесе пичетленĕ. Ку тĕрĕс мар. Январĕн 30-мĕшĕнче колхоз правленийĕ Чăваш республикинчи Сельхозснабжени кантурĕн счечĕ çине 20 тонна минераллă удобрени илме укса куçарчĕ. Анчах та паянхи куна пĕтĕмпе те 15 тонна çеç кӳрсе килнĕ.

Малалла хаçат çуракине хатĕрленес тĕлĕшпе Суворов ячĕпе тăракан колхозри 2-мĕш бригадăн ĕçĕсене ырласа çапла çырать:

«Çуракине хатĕрленес ĕçре А. Мокеев юлташ ертсе пыракан 2-мĕш бригада лайăх тĕслĕх кăтартать. Бригада уй-хире 500 тоннăна яхăн тислĕк кăларса купаларĕ, кĕр калчисем çине уйĕпех юр тытнă. Минераллă удобренисем 20 тонна кӳрсе килнĕ, вырăнти удобренисене чылай пухнă, малалла та пухаççĕ. Ялхуçалăх машинисене те юсаса хатĕрленĕ».

Тĕрĕссипе илсен ĕç пĕтĕмпех урăхла. Бригадирăн хушамачĕ Мокеев мар—Макеев. Бригада минераллă удобренисене те 6 тонна çеç кӳрсе килнĕ. Кĕр калчисем çинче планпа 82,57 гектар çинче юр тытмалла пулнă пулсан, 21 гектар çинче çеç тытнă. Ялхуçалăх машинисем юсас ĕçе тин кăна пуçăннă-ха. 20 плуг юсамалла пулнă пулсан, паянхи куна пĕр плуг çеç юсанă. Ытти ялхуçалăх машинисене юсас ĕçе халĕ те пуçăнман-ха.

Çак статьяра хаçат юлашкинчен: «Колхоз вăрлăх фондне ытлашшипех таса та сортлă вăрлăх хывса хатĕрленĕ. Вăрлăхсен шăтаслăхĕ те аван»—тесе çырать. Чăннипе илсен, пĕрре те апла мар. Колхозăн паянхи куна нумай çул ӳсекен курăксен вăрлăхĕ—клевер пĕр килограмм та çук. Çавăн пекех техникăллă культурăсен—кантăр вăрлăхĕ те çителĕксĕрха. Вăрлăх фондне хывнă вăрлăха иккĕмĕш бригадăра çеç сортласа пĕтернĕ, ытти бригадăсенче ку ĕçе пачах та тытăнман. Вăрлăхсен шăтаслăхĕ те аван тесе калама май çук-ха. Паянхи куна пĕрремĕшпе иккĕмĕш бригадăсенчи вăрлăхсене çеç анализа илсе кайнă, 3-мĕшпе 4-мĕш бригадăсенчи вăрлăхсене шăтас енĕпе тĕрĕслемешкĕн анализа та илмен-ха.

«Ĕç ялавĕ» хаçатăн хăйĕн страницисенче пичетленекен статьясен тĕрĕслĕхĕпе витĕмлĕхĕшĕн ытларах тăрăшмалла.

Ф. ЗАМЯТИН.
П. АЛЕКСЕЕВ.

## Тĕнчен вĕçĕ те, пуçламăшĕ те çук

Хамăр пурăнакан Çĕре, Хĕвеле, Хĕвел таврa пĕр чарăнмасăр çӳрекен планетăсене, планетоидсене, кометăсене, ахаль куçпа тата телескопсем витĕр курăнакан çăлтăрсене, тĕтрелĕхсене пурне те пĕрлештерсе эпир тĕнче тейĕпĕр. Тĕрлĕ çăлтăрсем, тĕтрелĕхсем темĕн чухлĕ вырăн йышăнаççĕ. Вĕсем хушшинче пушă вырăн та темĕн чухлĕ юлать. Çăлтăрсемпе тĕтрелĕхсем йышăнакан вырăна та, йышăнманнине те пĕрлештерсе тĕнче уçлăхĕ (пространство) тейĕпĕр. Тĕнче уçлăхĕн (пространствăн) вĕçĕ-хĕрри çук.

Малтан хальхи астрономи тĕнче çинчен мĕн пĕлтернине кĕскен асa илĕпĕр.

Хĕвел тавра Сĕрсĕр пуçне, хăйсен çулĕсемпе тата ытти планетăсем нумай çӳреççĕ. Вĕсенчен иккĕшĕ—Меркурийпе Марс çеç пирĕн Çĕртен пĕчĕкрех. Планетăсен спутникĕсем Çĕртен чылай пĕчĕккĕ пулаççĕ. Икĕ планета (Венерапа Плутон) Çĕр пекех. Планетăсенчен тăваттăшĕ пирĕн Çĕртен чылай пысăк.

Хĕвел Çĕртен 1.300.000 хут пысăкрах. Çĕре Хĕвел тавра çаврăнса çӳрекен планетăсенчен пĕри çеç тесе шутламалла. Хĕвеле, ун тавра чарăнмасăр куçса çӳрекен планетăсене, тĕрлĕ пĕчĕк планетоидсене, кометăсене пĕрлештерсе, Хĕвел системи теççĕ. Хĕвел системи пирĕншĕн питĕ пысăк пулсан та тавраси çывăх çăлтăрсен системипе танлаштарсан питĕ пĕчĕкскер пулса тăрать.

Хĕвел системипе ытти çăлтăрсен хушши питĕ пысăк. Çутă кашни секундрах виççĕр пин километр кайма пултарать пулсан та, пирĕн Хĕвелтен чи çывăх çăлтăр патне тăватă çул ытларах кайсан тин çитет. Инçетри çăлтăрсен çути Хĕвел системине темиçе çĕр, пин çулта тин çитме пултарать. Чи инçетри планета Плутон патне Хĕвел çути 6 сехетре çитнине астусан çăлтăрсем Хĕвел системинчен питĕ инçетрине шухăшласа илме йывăр мар.

**Первомайски районĕнчи Çĕнĕ Атăк ялĕнчи М. Долгов панă ыйтусем çине ответлетпĕр.**

Çăлтăрсем пиртен питĕ инçетре пулнипе пĕчĕк çутă пăнчă пек çеç курăнаççĕ. Анчах вĕсем пĕчĕк мар. Хĕвел йышши пысăк çутă шарсемех шутланаççĕ. Çăлтăрсене пиртен питĕ аякри хĕвелсем темелле, тепĕр енчен, хамăра çутатакан Хĕвеле те тĕнчери çăлтăрсенчен пĕри темелле. Вăл пирĕншĕн чи çывăх çăлтăр пулать. Унăн çути пирĕн пата 8 минутранах çитет. Хĕвел тавра планетăсем çӳреççĕ пулсан, аякри çăлтăрсем тавра та планетăсем пур тесе шухăшламалла. Анчах çав планетăсен çути ытла вăйсăр пулнипе эпир чи вăйлă телескопсемпе те вĕсене курма пултараймастпăр.

Телескопсем витĕр курăнакан çăлтăрсен хисепĕ темиçе вунă миллиарда çитет. Çак темиçе миллиард çăлтăр кĕрекен ушкăна пĕрлештерсе галактика теççĕ. Пире çутатакан Хĕвел галактика ушкăнне кĕрекен çăлтăрсенчен пĕри çеç пулать. Галактика ушкăнне кĕрекен çăлтăрсем пĕри те пĕр вырăнта тăмаççĕ, пĕрмаях куçса çӳреççĕ. Галактика ушкăнне кĕрекен Хĕвел те пĕр вырăнта тăмасть, вăл та куçать, унпа пĕрле пĕтĕм Хĕвел системи те куçса пырать.

Телескоп витĕр пăхсан тĕтрелĕх текен çутă пăнчăсем курăнаççĕ. Тĕтрелĕхсенчен хăшĕсем тĕрлĕ газсен пысăк ушкăнĕсем пулаççĕ. Вĕсем пиртен ытла инçетрех мар, галактикăна кĕрекен çăлтăрсем хушшинче пулаççĕ. Тата питĕ инçетри тĕтрелĕхсем пур. Вĕсем галактика ăшĕнче мар, галактикăран питĕ аякра пулаççĕ. Çавăн йышши инçетри тĕтрелĕхсем çăлтăрсенчен тытăнса тăнине, çав çăлтăр ушкăнĕсенче çăлтăрсен хисепĕ галактикăри çăлтăр хисепĕнчен кая мар пулнине те пĕлнĕ. Çавăнпа ку тĕтрелĕхсене пиртен питĕ инçетри галактикăсем темелле, вĕсен çутти пирĕн пата миллионшар çултан тин çитме пултарать. Çавăн йышши тĕтрелĕхсен-галактикăсен хисепне çĕр миллионран кая мар тесе шутлаççĕ.

Тĕнче çинчен вĕскен астутарнă хыççăн, вăл мĕнле улшăнса пыни çинчен те калама пулать. Тĕнчери галактикăсем, çăлтăрсем хуть те хăçан та пулнă, вĕсем малашне те ĕмĕр-ĕмĕрех пулмалла. Тĕнче никçан та пĕтме пултараймасть. Унăн пуçламăшĕ те, вĕçĕ те çук. Тĕнчери вещество пĕтме пултарайманнине наука тахçанах ĕнентерӳллĕ кăтартса панă. Вещество çĕнĕрен пулма пултараймасть, вăл тĕрлĕ майсемпе улшăнса пыма çеç пултарать. Çакăнтан вара пĕтĕм тĕнче те хуть те хăçан та пулни паллă.

Çăлтăрсем çутатма пуçласан темиçе çĕр миллиард çул иртиччен тĕнче уçлăхне хăйсен çутине, веществосене салатса пĕчĕкленсе пыраççĕ те, кайрантарах сӳнеççĕ, вĕсем сӳннĕ вăхăтра тепĕр вырăнта çĕнĕ çăлтăрсем пуçланса пыраççĕ. Хăшпĕр галактикăри çăлтăрсем пурте сӳнсе пĕтнипе, сӳннĕ çăлтăрсенчен тытăнса тăракан галактикăсем те пулса юлаççĕ. Ун вырăнне тепĕр çĕрте çĕнĕ галактикăсем пуçланса пыраççĕ. Хальхи вăхăтра куп-хура курăнакан хăшпĕр вырăнсене сӳннĕ галактикăсем тесе шутлаççĕ, çак сӳннĕ галактикăсем хыçĕнчи тата инçетри çутă япаласене эпир курма пултараймастпăр. Çапла кашни çăлтăрăн, кашни галактикăн пуçламăшĕ те, вĕçĕ те пур, вĕсем çуралаççĕ те, темиçе пин миллиардшар çул иртсен пĕтеççĕ. Анчах пĕтĕм тĕнче пĕтĕмĕшпех никçан та пуçланса кайман, вăл тахçантанпах пур, никçан та пĕтмест.

Хĕвел системи пуçланса кайни çинчен ăраснах каламалла пулать. Тахçан авал Хĕвел пĕр-пĕччен çăлтăрсенчен пĕри пулнă. Ытти çăлтăрсем пекех пĕр чарăнмасăр куçса пынипе, Хĕвел вĕтĕ веществе тата кĕсенчен тăракан тĕтрелĕх ăшне лекнĕ. Тĕтрелĕхри тĕрлĕ вĕтĕ япаласем Хĕвел туртнипе унтан уйрăлса кайма пултарайман, вĕсем Хĕвеле пур енчен те хупласа илсе, унăн тавра çаврăнма пуçланă. Çак тĕтрелĕхри материалран кайрантарах Хĕвел тавра çӳрекен планетăсем, пĕчĕк планетоидсем, планетăсен спутникĕсем, кометăсем пулнă. Хĕвел тавра çӳрекен планетăсенчен пĕри—Çĕр. Çĕр çинче эпир хамăр пурăнатпăр, çавăнпа ун çинчен питĕ лайăх пĕлетпĕр. Çĕр пуçланса кайнăранпа виçĕ миллиард çултан кая мар иртнине халĕ питĕ лайăх пĕлнĕ. Ытти планетăсем те Çĕртен чĕçĕн пулма пултараймаççĕ. Хĕвел системи пулса кайни çинчен пĕлтерекен теорине О. Ю. Шмидт академик çырнă. Вăл Хĕвел системинчи планетăсем 6—7 миллиард çул ĕлĕкрех вĕтĕ япаласенчен чăмăртанма пуçланă тесе вĕрентет. Хĕвел системин пуçламăшĕ пулнă, хăçан та пулсан вăл пĕтсе ларма та пултарать, анчах ку вăхăт çитиччен темиçе çĕр миллиард çул иртмелле.

Хĕвел хăй темиçе çĕр миллиард çул ĕлĕк пуçланса кайнă. Хĕвел составне ун чухне пуринчен ытла водород газ кĕнĕ. Чи малтан вăл питĕ пысăк тĕттĕм шар пулнă. Хальхинчен темиçе миллион хут та пысăкрах пулнă пулмалла. Унăн составне кĕрекен тĕрлĕ газсем пĕрмаях центр еннелле туртăннипе, вăл пĕрĕнсе, пĕчĕкленсе пынă. Пĕрĕннĕ чухне унăн составĕнчи газсен молекулĕсем хăвăртрах куçналса, вĕсен хăвăртлăхĕ ӳсĕнсемĕн ӳсе пынă. Молекулăсен хăвăртлăхĕ ӳсни веществосем ăшăнса хĕрсе пынине пĕлтерет. Хĕвелĕн шалти температури чылай пысăк пулсан та, çиелти сийсенчи температура кирлĕ чухлĕ вĕриленсе çитиччен Хĕвел çутатма пултарайман, çиелти сийсенчи температура пин градусран ытларах пулсан тин Хĕвел таврари тĕнче уçлăхне çутă, ăшă салатма пуçланă. Çак вăхăтранпа вăл çутă çăлтăрсенчен пĕри пулса тăрать. Халĕ ĕнтĕ вăл хĕрлĕ гигант çăлтăрсен шутне кĕрет. Хĕрлĕ çăлтăр-гигант шутĕнче вăл нумаях тăмасть, пĕрмаях ăшăнса пынипе, Хĕвелĕн çиелти сийсенчи температура 6—7 пин градуса çитсен, Хĕвел сарă гигантсен шутне кĕрет. Хĕрлĕ е сарă гигант пулнă чухне вăл хальхинчен чылай пысăк пулнă. Сарă гигантран татах хĕрсе шурă гигант пулать. Шурă гигант чухне Хĕвелĕн çиелти сийри температури 20—25 пин градуса çитме пултарнă. Ун чухне Хĕвелĕн диаметрĕ хальхинчен пĕр пилĕк хута яхăн ытларах пулнă, çапла унăн калăпăшĕ те хальхинчен пĕр çĕр хута яхăн пысăкрах пулнă тесе шутламалла. Хĕрлĕ гигантран шурă гигант пуличчен темиçе миллиард çул иртнĕ тесе шутламалла. Шурă гигант тĕлне çитсен Хĕвел темиçе çĕр миллиард çул çаплипех шурă гигант пулнă. Унăн энергийĕ ун чухне пĕрĕнсе пынипе çеç мар, унăн ăшĕнче тĕрлĕ атомсем улшăннипе те пулса пынă. Тĕнче уçлăхне пĕрмаях энерги тата хăйĕн веществисене салатса пынипе, Хĕвел пĕчĕкленсе пынă, сивĕннĕ. Çапла унăн пысăкăшĕ хальхи Хĕвел пысăкăшне çитнĕ, çиелти температура та 6—7 пин градуса çитиччен пĕчĕкленнĕ. Шурă гигантран сарă карлик пулса юлнă. Çав вăхăтрах Хĕвел тавра çӳрекен планетăсем пулса кайнă. Сарă карлик тĕсĕпе Хĕвел тата темиçе çĕр миллиард çул тытăнса тăмалла. Энергие пĕрмай тĕнче уçлăхне салатнипе, вăл сивĕнсе пымалла та, унтан хĕрлĕ карлик пулмалла. Хĕрлĕ карлик чухне унăн диаметрĕ хальхинчен пĕр пилĕк хут пĕчĕкрех пулмалла. Хĕрлĕ карлик татах пĕчĕкленсе, сивĕнсе çитсен, Хĕвелĕн температури пĕчĕкленсе, вăл çутатми пулмалла. Хĕрлĕ карликран сивĕнсе тĕттĕм шар пуличчен те темĕн чухлĕ вăхăт иртмелле. Çапла çап-çутă Хĕвел темиçе çĕр е пин миллиард çул иртсен пирĕн Çĕр пекех тĕттĕм шар пулса юлмалла.

Чĕрчунсем пурте тӳрех пĕрле пуçланса кайман. Çĕр çинче ӳсентăрансене, чĕрчунсене пурăнмалли условисем юрăхлă пулса çитсен тин пурнăç пуçланса каять. Чи малтан питĕ вĕтĕ, ахаль куçпа курмалла мар чĕрĕ япаласем пулнă. Вĕсем шывра пурăннă, вĕсене хальхи чĕрчунсемпе нихăшĕпе те танлаштарма май килмест. Пирвайхи чĕрчунсенчен хальхи чĕрчунсем мĕнле пулса кайни çинчен дарвинизм текен наука питĕ лайăх пĕлтерет.

Эпир хальхи вăхăтра пирĕн Çĕр çинче тата Марс планета çинче çеç чĕрчунсем, ӳсентăрансем пурăннине пĕлетпĕр. Хĕвел системине кĕрекен планетăсенчен тата Венера çинче чĕрчунсем пулма пултараççĕ, анчах унта чăнах та пурнăç пур тесе халлĕхе татса калама пултараймастпăр.

Ытти хăшпĕр çăлтăрсем тавра та планетăсем çаврăнса çӳреççĕ тесе шухăшламалли çинчен каланăччĕ, çав планетăсем çинче те, условисем юрăхлă пулсан, ӳсентăрансемпе чĕрчунсем пулмалла. Таçта инçетри çăлтăрсен планетисем çинче хăшпĕринче пурнăç тин пуçланса пырать, хăшпĕринче эпир евĕрлĕ ăслă чĕрчунсем пур, хăшпĕрисенче, пурнăç условисем пĕтсе пынипе, пурнăç иксĕлсе пырать темелле. Хăшпĕр çăлтăрсен системи тин пуçланса каять, унта ӳсентăрансемпе чĕрчунсем кайрантарах, хăçан та пулин пулĕç тесе шухăшламалла.

Çапла пирĕн Çĕр çинчи пурнăç планетăсем пулса çитсен чылай кайран пуçланса кайнă.

Пĕрлештерсе çапла калăпăр: тĕнчене, пĕтĕмĕшпе илсен, унăн пуçламăшĕ çук, вăл тахçантанпах пур, вăл нихçан та пĕтсе ларма пултараймасть. Тĕнче уçлăхĕн вĕçĕ-хĕрри çук.

Çăлтăрсен ĕмĕрĕ питĕ вăрăм, ăна пиншер миллиард çулпа шутламалла. Планетăллă системăсен ĕмĕрĕ çăлтăр ĕмĕрĕнчен кĕскерех пулсан та, ăна çĕршер миллиард çулпа хисеплемелле.

Ф. КУЗЬМИН.

# ХИСЕП ХĂМИ

**«Чăвашвăрман» трест тата ĕçрмини депутачĕсен райсовет исполкомĕпе КПСС райкомĕсем тăратнă тăрăх, кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра вăрман хатĕрлемелли плана срокчен тата иртерсе тултарнăшăн республикăри Хисеп хăми çине çак колхозсене кĕртнĕ:**

**КУВАНИНО РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

26. «8-мĕш марта» колхоз (председателĕ В. Лукьянов юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ, вăлах вăрман хатĕрлекен бригадăн бригадирĕ В. Звезденков юлташ). Колхоз йывăç касса хатĕрлемелли плана 102,1 процент, каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли плана 100,5 процент, турттарса кăлармалли плана 101,7 процент тултарнă.

**ЧКАЛОВСКИ РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

27. «Гвардеец» колхоз (председателĕ Н. Рыбаков юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ Н. Горшков юлташ, вăрман хатĕрлекен бригадăн бригадирĕ А. Горшков юлташ). Колхоз йывăç касса хатĕрлемелли плана 108,8 процент, каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли плана 104 процент, турттарса кăлармалли плана 108,2 процент тултарнă.

## Ял Совечĕ вăрман хатĕрлес ĕçре

Вăрман хатĕрлевĕ ял Совечĕсем умĕнче тăракан ответлă задачăсенчен пĕри пулать. Çак ĕçре пирĕн ял Совечĕ яланах малта пынă. 1949 çултанпа пирĕн ял Советне кĕрекен колхозсем вăрман хатĕрлемелли плана тăтăшах иртерсе тултарса пычĕç. 1952—1953 çулсенчи кĕркуннепе хĕллехи сезонта вăрман хатĕрлемелли плана вăхăтра тултармалла тăвас майпа, çак ыйтăва иртнĕ çулхи октябрь уйăхĕнче ял Совечĕн сессийĕнче сӳтсе яврăмăр. Сесси йышăннă решени çинчен колхозниксене ăнлантарса пама тата çав решение пурнăçлама мĕнпур депутатсемпе активистсене хутшăнтартăмăр. Вĕсем колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсене ирттерчĕç, коммунизмăн аслă стройкисене тăвас ĕçре йывăç мĕнле вырăн йышăнни çинчен каласа ăнлантарчĕç.

«Большевик» колхозăн иртнĕ çулхинчен чылай нумайрах йывăç турттармалла. Лавçăсен бригадисене ертсе пыма ял Совечĕн депутачĕсемпе активисчĕсене Л. Иванова, П Толстов, А. Краснов, А. Петров юлташсене уйăрса ятăмăр. Вĕсем лавçăсен ĕçне тĕрĕс организацилерĕç, бригадăсемпе лавçăсем хушшинче социализмла ăмăртăва анлăн сарса, ĕç тухăçлăхне пĕрмаях ӳстерсе пыма пулăшрĕç. Февралĕн 20-мĕшĕ тĕлне колхоз 1.200 фестметр йывăç турттарса кăларчĕ. Сезон вĕçлениччен тата 600 фестметр турттармалла пулнă. Çавăн чухлĕ йывăçа унччен уйăрса янă лавçăсем срокра турттарса калярма пултарайманнине шута илсе, ял Совет исполкомĕ вăрмана лавсем хушса яма йышăнчĕ. Çавăн хыççăн колхозран 37 лав тухса кайрĕ. Лавçăсене ертсе пыма ял Совечĕн депутатне П. Григорьев юлташа уйăрса ятăмăр. Колхозниксемпе пĕрле вăрмана депутатсемпе активистсем—18 çын тухса кайрĕç. Лавçăсем хушшинче социализмла ăмăртăва анлăн сарнипе, массăллă-ăнлантарулла ĕçе лайăх йĕркеленипе лавçăсем мартăн 15-мĕшĕ тĕлне 1.750 фестметр йывăç турттарса кăларчĕç.

Партипе правительство Тăван çĕршыв вăй-хăватне тĕреклетессишĕн татах ытларах вăй хурса ĕçлеме чĕнни çине ответлесе, лавçăсем планран иртерсе 150 фестметр йывăç турттарса кăларма обязательство илчĕç. Çак обязательствăна пурнăçлассишĕн вĕсем хăйсен пĕтĕм вăйĕсене хурса ĕçлеççĕ.

— Пирĕн сăмах çирĕп. Илнĕ обязательствăна чыслăн пурнăçлатпăр. Пирĕн çĕршыв татах та вăйлăрах, татах та хăватлăрах пултăр,— тет депутат П. Григорьев юлташ.

Мичурин ячĕпе тăракан колхозран вăрманта сезон пуçланнаранпах 10 лавпа ĕçленĕ. Лавçăсен бригадине ял Совечĕн депутачĕ, комсомолец А. Захаров юлташ ертсе пырать. Вăл лавçăсем хушшинчи ĕçе пĕлсе, тĕрĕс организацилерĕ. Лавçăсем ĕçе ирех тухаççĕ, ĕçрен час таврăнмаççĕ. Кашни лавçăна хăйне уйрăм задани панă. Кашни лав çине мĕн чухлĕ йывăç тиенине А. Захаров юлташ тĕрĕслесе тăрать. Вăрманта уйрăмах Г. Смирновпа Г. Максимов юлташсем тăрăшса ĕçлеççĕ. Вĕсем кунсерен 1,6—2 кубометр йывăç турттарса кăлараççĕ, нормăна 130—150 процент тултараççĕ. Колхоз йывăç турттармалли плана тултарчĕ. Халĕ лавçăсем планран иртерсе йывăç турттараççĕ.

**Н. ЦВЕТКОВ,**

**Етĕрне районĕнчи Кăташ ял Совечĕн председателĕ.**

## УЛШĂНУ ÇУК

ОКТЯБРЬСКИ. Районти колхозсем вăрман хатĕрлемелли стахановла уйăхлăха тивĕçлипе хутшăнмарĕç. Вĕсен государство валли тата 1,5 пин кубометр ытла йывăç касса хатĕрлемелле, 4 пин кубометр ытла турттарса кăлармалла. Плана тултарас тесен, ĕç хăвăртлăхне ик-виçĕ хут ӳстермелле.

Тимошенко ячĕпе тăракан колхоз вăрман касса хатĕрлемелли плана 6 процента яхăн, каснă йывăçа турттарса кăлармалли плана 19 процент çеç тултарнă. Апла пулин те ку колхозран вăрманта пĕр çын та ĕçлемест.

«30 лет Чувашии», «Новый быт», «Победа», Калинин ячĕпе тата Ленин ячĕпе тăракан колхозсем йывăç турттарма пачах тытăнман. Асăннă тĕслĕхсем райсовет исполкомĕ юлса пыракан колхоз руководителĕсен ответлăхне ӳстерме тăрăшманнине кăтартаççĕ. Исполком ларăвĕсенче ял Совечĕсемпе колхоз председателĕсен отчечĕсене час-часах итлеççĕ, решенисем йышăнаççĕ. Анчах райсовет исполкомĕ ял Совечĕсемпе колхоз правленийĕсем çав решенисене пурнăçа мĕнле кĕртсе пынине тĕрĕслемест. Ял Совечĕсемпе колхозсенче районти работниксем тăтăшах пулаççĕ. Анчах вĕсем те нумайăшĕ райкомпа райисполком панă заданисене пурнăçламаççĕ, государство заданине тултарма ялти активистсене кирлĕ пек пулăшмаççĕ.

Çуракине тухиччен вăхăт нумай юлмарĕ. Кашни колхозăн вăрман хатĕрлемелли плана çуна çулĕ пăсăличчен тултарма мерăсем йышăнас пулать.

**В. ТРОФИМОВ.**

# *Çуракине тĕплĕн хатĕрленер!*

## Кам ĕçлесе парасса кĕтеççĕ-ши?

ШĂМĂРШĂ. Патирек ялĕнчи «Искра» колхозра 70 гектар çинчи ыраша халĕ те çапса пĕтермен. Ăна ирĕксĕртен анчах çапкалаççĕ, мĕншĕн тесен выльăхсене çитерме улăм кирлĕ.

Ку колхозра çуракине хатĕрленес ĕç те чăтма çук начар пырать. Паян куна ситсе те кунта пĕр килограмм вăрлăха та сортласа тасатман. Çак ĕçре колхоза МТС-ăн пулăшмалла, мĕншĕн тесен «Искра» колхозăн хăйĕн вăрлăх тасатмалли машинăсем çук.

Колхозăн 119 центнер тулă, 40 центнер пăрçа, 2,7 центнер нумай çул ӳсекен курăксен вăрри, 78 центнер вика тата 240 центнер çĕрулми вăрлăхĕсем çитмеççĕ. Акма хатĕрленĕ 103 центнер тулă вăрлăхне улăштармалла, мĕншĕн тесен вăл шăтма пултарас сукки халех курăнать. Çакăн çинчен колхоз руководителĕсем (председателĕ Ф. Теренин юлташ) тахçанах пĕлеççĕ пулин те, нимĕнле мера та йышăнмаççĕ. Тулă питĕ чĕрĕ, çавăнпа та ăна часрах типĕтмелле те улăштарма памалла. Çакна тума тахçанах сĕнеччĕ, анчах Ф. Теренин юлташ тем кĕтсе ларать, унпа пĕрле правленин ытти членĕсем тата колхозри парторганизаци секретарĕ А. Рахматуллов юлташ та хускалмаççĕ. Колхоз руководителĕсем тăрăшнă пулсан, çураки валли вăрлăх хатĕрлес ĕç çапла тăман пулĕччĕ.

КПСС райкомĕ, малта пыракан колхозсен пуçарăвне ырласа, çуракине хатĕрленсе çитмелли уйăхлăх организацилеме йышăнчĕ. Уйăхлăх февралĕн 25-мĕшĕнче пуçланнă. Унтанпа виçĕ эрне иртрĕ ĕнтĕ, анчах çак уйăхлăхра тумалли ĕçсене «Искра» колхозра пурнепе те тĕртсе пăхман-ха. Колхоз председателĕ Ф. Теренин юлташ эрне ытла ĕнтĕ правление пырса курмасть, ыттисем вара ăна кĕтсе лараççĕ.

«Искра» колхоз кăçалхи хĕлле хире тислĕк пачах кăлармарĕ, юр та тытса хăварман. Çуракине тухма туртăм вăйне хатĕрлемеççĕ, лашасем питĕ ырхан, кӳлме хăмăтсем, йĕнерчĕксем, тилхепесемпе пĕкĕсем, туртасем çитмеççĕ. Сеялкăсене, плугсене, сӳресене юсама тытăнман.

Çураки вăхăтĕнче «Искра» колхозăн тракторсем валли МТС-ран, 15 çухрăмран, краççынпа бензин тата ытти кирлĕ япаласем кӳрсе килмелле пулать. Çак ĕçе халех тумасан, кайран ăна 25—30 çухрăмран çаврăнса кӳрсе килме тивет, мĕншĕн тесен МТС-а тӳртен çӳремелли çула çурхи шывсем пӳлеççĕ. Кун пирки «Искра» колхоз руководителĕсене темиçе хут та асăрхаттарнă, çапах горючи турттарса хатĕрлеме тытăнман-ха.

Кунта 3 çул вĕренмелли агротехника курсĕ иккĕмĕш çул ĕнтĕ ĕçлем пекки тăвать. Колхозниксене вĕрентме преподавательсем 15 çухрăмран, район центрĕнчен çӳреççĕ. Анчах вĕренекенсем çӳремен пирки занятисем пулса иртмеççĕ.

Мĕн çинчен те пулин шухăшлаççĕ-ши «Искра» колхозăн руководителĕсем? Хăйсемшĕн кам ĕçлесе парасса шанаççĕ вĕсем?

**В. ВАСИЛЬЕВ.**

### ÇАМРĂКСЕН ПУÇАРĂВĔ

КРАСНОАРМЕЙСКИ. «Партизан» колхозри комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксем, çуракине хатĕрленсе, воскресник ирттерчĕç. Вĕсем вырăнти удобренисем чылай пухрĕç. Икĕ бригадăри çамрăксем уя 431 лав тислĕк кăларчĕç.

Çак пуçарăва колхозниксем хапăл туса ырларĕç.

**И. ПАВЛОВ.**

## Докладчик каламан сăмахсем

Еçсынни депутачĕсен Канаш райсоветĕн сессийĕ районти колхозсем çуракине мĕнле хатĕрленни çинчен исполком председателĕн заместителĕ И. Федоров юлташ тунă доклада сӳтсе яврĕ.

Иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче, МТС машинисемпе тухăçлă усă курман пирки, чылай ĕçе вăраха тăснă. Çакă вăл колхозсенчен те нумай килнĕ. Пĕлтĕрхи йăнăшсем кăçал ан пулччăр тесен, колхозсен МТС машинисене кĕтсе илме халех хатĕрленмелле.

Çуракинче МТС тĕп вырăн йышăнать. Пĕлтĕр колхозсем кĕрхи çĕртме тумалли плана çурри ытларах кăна тултарнă. Çапла вара, кăçалхи çуракинче МТС-ăн иртнĕ çулхинчен нумай ытларах ĕç тумалла пулать. Çуракине ăнăçлă иртерес, кăçал пысăк тухăçлă тырпул туса илес тесен, МТС-па колхозсем хушшинче çирĕп çыхăну пулмалла.

Район çуракине çителĕксĕр хатĕрленет. Колхозсем МТС машинисене кĕтсе илме хатĕрленмен. Агротехника малалла кайнă май, ака-суха ĕçĕсем кăткăсланса пыраççĕ. Сăмахран, çĕр кушăрхама пуçласанах кĕрхи çĕртме, хура çĕртме тунă вырăна, калча пуссине сӳрелесе хăвармалла. Тепĕр чухне, çанталăк условийĕсене кура, тракторсемпе лашасене сухаланă е акнă çĕртен пĕтĕмпех сӳре тума куçарасси те пулма пултарать. Кăçал нӳре упраса хăварасси уйрăмах пысăк вырăн йышăнать. Сухалана уй-хире сӳрелесе кăпăшлатма сӳресем нумай кирлĕ. Халлĕхе колхозсем сӳресем сахал хатĕрленĕ-ха. МТС-ра та вĕсем нумаях мар.

Кунсăр пуçне колхозпа МТС хушшинче ĕçе тĕрĕс пайласа тумаллине те асра тытмалла. Иртнĕ çулсенче колхозсем, кĕрхи çĕртме тунă вырăна МТС акса памалла пулсан, унти мĕнпур ĕçе тракторсемпе тăвасса шанатчĕç. Тракторсем сӳрелеме, культиваци туса акма ĕлкĕреймесчĕç. Вара кĕрхи çĕртме тунă вырăнти тăпра типсе чул пек хытса каятчĕ те, тепĕр хут сухаласа акма тиветчĕ. Кăçал тракторсен пĕлтĕрхинчен чылай ытларах ĕç тумалла. Çавăнпа та кĕрхи çĕртмепе хура çĕртме пуссине колхозсен те сӳрелесе тăпрари нӳрене сыхласа хăвармалла. Вара сухаласа акасси те, сӳрелесси те кая юлмасть. Анчах колхозсем МТС-па договор тунă чухне кăçалхи çулăн уйрăмлăхне шута илмеççĕ-ха.

Çак шухăша тапратсан хăшпĕрисем МТС-а кĕрхи çĕртме сӳрелеме сӳлтен панă плана аса илеççĕ План — закон, ăна пурнăçламаллах ĕнтĕ. Анчах вăл план тырпул тухăçлăхне ӳстерес задачăпа килĕшсе тăмасть пулсан, вырăнти условисене кура ăна урăхлатма та иккĕленсе тăмалла мар. Мĕншĕн тесен колхозсем çак ĕçе хăйсемех тата тракторсенчен иртерех тума пултараççĕ, тракторсем культиваци туса е тата кĕрхи çĕртме туман вырăнсене сухаласа акма пултараççĕ.

Иртнĕ çулта МТС машинисене пушă лартни колхозсем вĕсемпе ĕçлеме вăхăтра çителĕклĕ таран çын уйăрса паманнинчен нумай килнĕ. Колхозри кашни бригадăн бригадирĕ машинăсем патĕнче ĕçлеме çынсене хăй пĕлнĕ пек уйăрнă. Сессире тухса каланă юлташсем ĕçе кун пек организацилени сиенлине кăтартса пачĕç. Вĕсем тракторсем патĕнче ĕçлеме çынсемпе туртăм вăйне яланлăха уйăрса çирĕплетмелле, теççĕ. Вăл çынсемпе туртăм вăйне кашни бригадăран уйăрса памалла тата çав çынсем трактор бригадин бригадирне кăна пăхăнмалла йĕрке тумалла. Çынсене яланлăха уйăрни вĕсен квалификацийĕпе ответлăхне ӳстерме, ĕçе пĕр чăрăнмасăр туса пыма май парать. Ку тахçантанпах *палла шухăш* ĕнтĕ. Апла пулсан та, колхозсем çуракинче ĕçлеме çынсемпе туртăм вăйне вырнаçтарса тухнă чухне тракторсем патĕнче ĕçлекенсене уйăрса çирĕплетесси çинчен аса илмеççĕ.

Куйпа пĕрлех колхозсем механизаторсен ĕçри тата йăлари условине аванлатма хатĕрленменнине те палăртмалла. Ытла та тĕлĕнмелле: механизаторсем тырпул туса илес тĕлĕшпе колхозра пуринчен те ытларах ĕçлеççĕ. Артельсем вара вĕсен условине аванлатасси çине нимĕн чухлĕ те çаврăнса пăхмаççĕ. Районĕпе те пĕр Куйбышев ячĕпе тăракан колхоз кăна трактористсене куçса çӳрекен будка туса панă.

Вăрçă хыççăн тракторсем нумайланчĕç. Çавна пула хăшпĕр колхоз руководителĕсем мĕнпур ĕçе МТС туса парасса шанакан пулчĕç, Тырпул туса илес ĕçре пĕрпĕр çитменлĕх пулсан, ăна МТС çине йăвантарма юратаççĕ. Çураки е ытти ĕçсене тунă чухне колхоз лашисене витере тăрантараççĕ е хирте ахаль çӳретеççĕ. Лашасемпе тивĕçлипе усă курман пирки ĕçе вăраха тăсаççĕ. Юлашки вăхăтра лашасене хаклами пулни, вăкăрсене кӳлме пачах пăрахни хытă сисĕнет. Туртăм вăйне хакламан пирки вĕсене начар пăхса ырханлатса яраççĕ. Çураки умĕн лашасене канма тăратасси тата ĕç вăхăтĕнче çитерме апат хатĕрлесси çинчен пĕр колхозра та тивĕçлипе шухăшласа пăхман-ха.

Кăçал районти колхозсен кантăр нумай акмалла тата унăн тухăçлăхне татăкланах ӳстермелле. Ку—кăткăс ĕç. Колхозсем пысăк тупăш паракан çак культурăна акма тăрăшса хатĕрленмеççĕ. Чылай артельсен кирлĕ таран вăрлăх çук. Кантăр акмалли вырăна çĕнетме лайăх çĕрнĕ тислĕк турттарма тытăнман. Хăшпĕр колхозсем вара кантăр акакансен ĕçне мĕнле организацилесси çинчен те шухăшласа пăхман. Пысăк тухăçлă кантăр ӳстермелли агротехникăна вĕренессине йĕркелемен.

Колхозсенче выльăх-чĕрлĕх шучĕ ӳснĕ май, вĕсене çитерме тымарçимĕç тата силослăх культурăсем туса илессине вăйлатмалла. Районти колхозсем вăрлăх çитмен пирки темиçе çул хушши ĕнтĕ çак культурăсене акмалли плана тултараймаççĕ, тата кая юлса акнăран тухăçлăхне те ӳстереймеççĕ. Çапах та ку таранччен нихăш артель те хăйне кирлĕ таран вăрлăх хатĕрлеме тытăнман. Кашни çул государство парасса кĕтеççĕ. Вăрлăх тума тытăнманни колхозсенче выльăх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлекен çирĕп бригада çуккинчен килет. Хăшпĕрисем вара выльăх апачĕ хатĕрлекен бригада тума сӳлтен хушнине иепле те пурнăçласшăн мар. «Красное пламя» колхозра выльăх апачĕ туса илмелли пусă çаврăнăшĕ тунă. Пĕр вăхăтра унта ĕçлеме ятарласа бригада организациленĕ пулнă. Анчах колхоз председателĕ В. Александров юлташ çав бригадăна хăй ирĕкĕпе салатса янă. Вара пахча çимĕç бригадине выльăх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлеме хушнă.

Колхозсем судан курăкĕ, выльăх апатне каякан купăста т. ыт. пысăк тухăçлă культурăсем ытларах акас тĕлĕшпе те сахал ĕçлеççĕ-ха.

Кунта хускатнă ыйтусем çинчен сессире тунă докладра И. Федоров юлташ аса та илмерĕ.

**П. ЩИПЦОВ.**

## Кашни ик-виç çыншăн ĕçлет

УЛАТĂР. Пăравуссем юсакан завод коллективĕ хăйĕн пĕтĕм творчествăллă вăйĕпе хастарлăхне хамăр çĕршывра коммунизм тăвас аслă ĕçе мобилизацилет. Агитаторсемпе пропагандистсем Г. М. Маленков, Л. П. Берия, В. М. Молотов юлташсем хурлăхлă митингра каланисене тата СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕ йышăннă решенисене рабочисемпе служащисене вуласа параççĕ. Рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем тухăçлăрах ĕçлеме, чĕртаварпа материалсем перекетлеме сăмах параççĕ.

Сборочнăй цехри Сократов юлташ ертсе пыракан слесарьсен бригади ĕç нормине кашни уйăхра 150 процентран кая мар тултарма сăмах панă. Слесарь-комсомолец А. Крисанов юлташ тата пысăкрах обязательство илчĕ: ĕç нормине 250-шар процент тултарса пыма сăмах пачĕ. И. Сидуганов слесарь, И. Логиновпа К. Нефедов токарьсем, комсомолец В. Тютькин строгальщик тата ытти чылай рабочисем те пысăк обязательствăсем йышăнчĕç.

— Иосиф Виссарионович Сталин вилни пирĕн партишĕн, совет халăхĕшĕн, пĕтĕм этемлĕхшĕн питех те йывăр, каялла тавăрма çук пысăк çухату пулчĕ. Анчах пирĕн шухăш-кăмăла хуçма пултаракан вăй çук! Аслă Сталин хăйĕн пĕтĕм пурнăçне панă ĕç шанчăклă алăра пулнине эпир лайăх пĕлетпĕр. Ленин—Сталин партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительстви тавра тата та чăрах пĕтĕçĕпĕр. Коммунизм строительствинче халиччен пулман хăватпа ĕçлени аслă çулпуçăмăра тата учителĕмĕре И. В. Сталина асăнса лартнă чи лайăх памятник пулĕ,—терĕ митингра, пĕтĕм коллективăн шухăш-туйăмне палăртса, ватă тимĕрçĕ Иван Игнатьевич Грошев юлташ.

Çак кунсенче вуншар рабочисем ĕç нормине 150—200 процент тултараççĕ. Уйрăмах И. Грошев, Г. Солдатов, А. Кувин, М. Денисов юлташсем паха тĕслĕх кăтартнине палăртас пулать. Вĕсем пысăк пахалăхлă детальсем туса кăлараççĕ, материалсем перекетлеççĕ, куллен ик-виç çыншăн ĕçлеççĕ.

Механически цех коллективĕ те пысăк çĕкленӳпе ĕçлет. В. Карцев, В. Яшин, С. Горчаков, М. Кочетков станочниксем ĕç нормине куллен 200—250 процент таран тултараççĕ, паха детальсем туса кăлараççĕ.

И. Корягин юлташ ертсе пыракан грузчиксен бригади, маневрсем тăвакан пăравус машинисчĕ А. Карцев юлташ, кран машинисчĕ Д. Кузнецов юлташ тата ытти чылай стахановецсем юлашки кунсенче ĕç тухăçлăхне тата ӳстерчĕç.

Завод коллективĕ Тăван çĕршыв экономикине малалла аталантарассишĕн, Иосиф Виссарионович Сталин юлташ кăтартса хăварнисене пурнăçлассишĕн вăя шеллемесĕр кĕрешет.

**А. СМИРНОВ.**

## Чăлха çыхакансен сăмахĕ

Шупашкарти чăлха фабрикинчи агитаторсем рабочисемпе работницăсене, инженерсемпе техниксене тата служащисене СССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕн материалĕсене вуласа параççĕ. Сесси решенийĕсене фабрикăра ĕçлекенсем тимлĕ итлеççĕ, пĕр шухăш-кăмăллă пулса ырлаççĕ.

Мартăн 18-мĕшĕнче, кăнтăрлахи смена хыççăн, чăлха çыхакан цеха çав цехри тата кетельнăйпа сортировочнăй цехсенчи работницăсем çĕр çынна яхăн пухăннă. Унта чи малтан смена начальникĕ Ольга Никифоровна Матюшек юлташ сăмах илнĕ. Вăл СССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕ питех те пысăк пĕлтерĕшлĕ, хамăр çĕршыв пурнăçне нимĕнле чăрмавсăр тата тĕрĕс ертсе пымалла тăвас тĕлĕшпе паха решенисем йышăнни çинчен, каланă.

Ун хыççăн Ольга Алексеевна Моисеева агитатор, аллине хаçат илсе, СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕнче Г. М. Маленков, М. А. Яснов, Н. С. Хрущев, Л. П. Берия юлташсем каланă сăмахсене тата СССР Верховнăй Совечĕ йышăннă законсене вуласа панă.

Çак документсенче мĕн çырнине итленĕ хыççăн, работницăсем СССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕн решенийĕнче Коммунистсен партийĕ Тăван çĕршыв хăватне ӳстерессишĕн, совет халăхĕн пурнăçне лайăхлатассишĕн тăрăшни палăрса тăни çинчен каланă. Вĕсем Тăван çĕршыв правительствин çĕнĕ составне ырланă.

Производствăра малта пыракан, февральте хăйсен ĕç нормине 170—180 процент таран тултарнă Е. Вулихпа А. Шуралева кетельщицăсем малашне тата ытларах тăрăшса ĕçлеме сăмах панă.

Фабрикăн чăлха çыхакан цехне нумай пулмасть çĕнĕ машинăсем лартнă. Т. Фроловăпа Н. Серебрякова юлташсем çĕнĕ машинăсем çинче ĕçлеме кĕске срокрах вĕренсе çитме, чи лайăх пахалăхлă продукци туса кăларма обязательство илнĕ.

Цехсенче социализмлă ăмăрту вăйланса пырать. Нумай работницăсем март уйăхĕнчи задание иртерсе тултарма пулаççĕ. Стахановкăсем—А. Рябина нормăна 139 процент, З. Трегубова—149 процент, О. Ильина—140 процент, Р. Дегтярева—144 процент, Е. Назарова—141 процент, М. Чижова—129 процент, Е. Емельнова—136 процент таран тултарма сăмах пачĕç. Вĕсем ытти рабочисемпе работницăсене хăйсенчен пример илме, Тăван çĕршыв валли, халăх валли ытларах продукци туса кăларассишĕн пĕтĕм вăя хурса тăрăшма чĕнчĕç.

# Хурт-хăмăр ĕрчетес ĕçе вăйлатассишĕн

1952 çулта республикăри колхозсенчи хурт-хăмăр ăстисем самаях пысăк çитĕнӳсем турĕç. Первомайски районĕнчи колхозсем вăтам шутпа кашни вĕллерен 41 килограмм, Çĕмĕрле районĕнчи колхозсем 39 килограмм, Йĕпреç районĕнчи колхозсем 36 килограмм пыл илчĕç. Республикăри 20 район пыл пухса илмелли плана ăнăçлă тултарнă.

Иртнĕ çулта кашни вĕллерен 50 килограмм пыл илнĕ хурт-хăмăр ăстисем те чылай пулчĕç. Сăмахран, Çĕмĕрле районĕнчи «Путь Ленина» колхозра хуртсем пăхакан Я. Чиркин юлташ утарти 98 вĕллерен 57-шер килограмм, Первомайски районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхозра И. Никишэв юлташ 80 вĕллерен 56-шар килограмм, «Красная поляна» колхозра С. Николаев юлташ 47 вĕллерен 55-шер килограмм, Комсомольски районĕнчи Ульянов ячĕпе тăракан колхозра П. Романов юлташ утарти 60 вĕллерен 53,7-шер килограмм пыл юхтарса илнĕ.

Уйрăм колхозниксем пысăк пултарулăхпа ĕçлесе çитĕнӳсем турĕç пулсан та, пĕтĕмĕшпе илсен, республика иртнĕ çулта пыл илмелли плана тултараймарĕ. План тăрăх кашни вĕллерен 28 килограмм пыл илмелле пулнă пулсан, вăтам шутпа 26,6-шар килограмм кăна илнĕ. Çемьесен хисепне ӳстермелли плана 98 процента яхăн çеç тултарнă. Пĕчĕк утарсем нумайăш те пысăк çитменлĕх пулса тăрать. Ун пек утарсем Ишлей, Шупашкар, Калинино, Елчĕк районĕсенче нумай. Хăшпĕр районсем пыл хурчĕ ĕрчетес тĕлĕшпе халĕ те вăрçă умĕнхи шайран кайра тăраççĕ.

Вĕлле хурчĕсем ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстерме пулăшнине совет ученăйĕсем тахçанах кăтартса панă. Сăмахран, чечексем çинче вĕлле хурчĕсем çӳресен, хĕрлĕ клевер тухăçлăхĕ чылай ӳсет, хĕвелçаврăнăш тухăçлăхĕ пĕр хут çурă, хуратул тухăçлăхĕ 60 процент ӳсет. Люцерна, вика, йĕтĕн тата вăрлăхлăх лартса тăвакан пахча çимĕç культурисен тухăçлăхĕ те, вĕсен чечекĕсем çинче вĕлле хурчĕсем вĕçсе çӳренипе лайăх шăркалантарсан, чылаях хушăнать. Улма тата çырла йывăççисем вĕлле хурчĕсем ĕçленипе çимĕç ытларах параççĕ тата çав çимĕççен пахалăхĕ те лайăхрах пулать. Апла пулсан та, ялхуçалăх пайĕсемпе МТС-сен специалисчĕсем тата колхоз правленийĕсем тырпул тухăçлăхне ӳстерме пулăшакан çак лайăх меслетпе усă курасси çинчен сахал шухăшлаççĕ.

Колхозсенче пыл тухăçлăхĕ ӳссе пытăр тесен, утарсен таврашĕнче хуртсем пыл илме пултаракан культурăсем акмалла. Анчах ку тĕлĕшпе чылай районсенче нумай çул ӳсекен пыллă культурăсене питĕ сахал акаççĕ. Фацели акнă çĕр лаптăкĕ 1952 çулта пурĕ те 347 гектар кăна пулнă. Улатăр, Советски, Ишлей районĕсем ку культурăсене пачах акман. Сĕнтĕрвăрри районĕнче ăна пĕр гектар çеç, Элĕкпе Çĕмĕрле районĕсенче 2 гектар çеç акнă.

Пыл хурчĕсем чир-чĕртен пысăк сиен кураççĕ. Анчах та чылай районсенче çак чирсемпе кĕрешес ĕçрен айкра тăраççĕ, районсенчи агрономсем вара ку тĕлĕшпе колхозсене пулăшни сахал.

Республикăри колхозсенче хурт-хăмăр ĕрчетес ĕçре тухăçлăрах меслетсемпе халĕ те çителĕклĕ усă курни çук-ха. Пыл хурчĕ икĕ корпуслă вĕллесенче тухăçларах ĕçлеме пултарнине наука та, практика та тахçанах çирĕплетсе панă. Анчах пирĕн республикăра икĕ корпуслă вĕллесем сахал. Улатăр районĕнче икĕ корпуслă вĕлле пурĕ те 16 кăна, Элĕк районĕнче 13, Ишлей районĕнче вара икĕ корпуслă вĕлле 4 çеç. Паллах, çавăн чухлĕ икĕ корпуслă вĕллепе пыл нумаях пухаймăн.

Икĕ корпуслă вĕллепе усă курса ăнăçлă ĕçлекенсем республикăра чылай. Шупашкар районĕнчи «Красный герой» колхоз утарĕнче нумай çул хушши Ф. Пчелкин юлташ паха тĕслĕх кăтартса ĕçлет. Пыл тухăçлăхне хăпартас тĕлĕшпе вăл икĕ корпуслă вĕллесемпе анлă усă курать. Çавăн пек вĕллесем вăл пăхакан утарта 1949 çулта 6 пулнă, вĕсенчен 60-шар килограмм пыл илнĕ, пĕр корпуслă вĕллесем вара 44-шар килограмм кăна панă.

— Çавна кура,—тет Ф. Пчелкин юлташ,—эпĕ икĕ корпуслă вĕллесене 1950 çулта 20 тытрăм. Вĕсем кашниех 68-шар килограмм пыл пачĕç.

Ф. Пчелкин юлташ утарта малаллахи çулсенче те икĕ корпуслă вĕллесен хисепне ӳстерсех пынă. 1951 çулта колхоз утарĕнче çавăн пек вĕллесем 35, 1952 çулта—45 пулнă. Вĕсенчен вăл ун чух 80—70-шер килограмм пыл илнĕ. Çав вăхăтрах 12 рамăллă вĕллесенчен пыл 1951 çулта 50-шар килограмм, 1952 çулта—35-шер килограмм кăна тухнă.

Первомайски районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхозри хурт-хăмăр ăсти И. Иванов юлташ, лежак-вĕллесемпе усă курса, 1952 çулта вăтам шутпа кашни вĕллерен 58-шар килограмм пыл илнĕ, (лежак-вĕлле тесе нумай рамăллă чăсăк вĕллесене калаççĕ, унта 18, 20, 24 рама таран пулать).

— 1951 çулта,—тет И. Иванов юлташ,—эпир 12 рамăллă вĕллесенчен 60-шар килограмм, 14 рамăллă вĕллесенчен—100-шер килограмм, 16 рамăллă вĕллесенчен—150-шар килограмм пыл илме пултартăмăр. Нумай рамăллă вĕллесенче хуртсем тухăçлăрах ĕçленине шута илсе, эпир утарта вĕсемпе халĕ анлă усă куратпăр, иккĕмĕш корпуссем лартса паратпăр.

Йĕпреç районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри хурт-хăмăр ăсти Вастиков юлташăн паха опытне пур колхозсем те йышăнса илме тивĕçлĕ. Вăл çу каçах вăйлă çемьесем тытать, çĕнĕ çемьесене тĕрĕс уйăрса лартать, хурт амисене вăхăтра улăштарать. Çĕнĕ йышши вĕллесене кунта утартах тăваççĕ. Вастиков юлташ 1952 çулта кашни вĕллерен 69-шар килограмм пыл, 1,4-шер килограмм ăвăс илнĕ.

Хурт-хăмăр ĕрчетес тĕлĕшпе 1952 çулта Чăваш республикинче Первомайски районĕнчи колхозсем лайăх ĕçлерĕç. Первомайски районĕнчи колхозсенчи хурт-хăмăр ăстисем пыл хурчĕ çемйисен хисепне ӳстермелли плана иртнĕ çулта 101,2 процент, пыл илмелли плана 136,7 процент, ăвăс пуçтармалли плана 108,5 процент, хурт-хăмăра çитерме кирлĕ пыл фончĕсем уйăрса хăвармалли плана 104,3 процент тултарнă.

РСФСР Ялхуçалăх министерстви хурт-хăмăр ĕрчетмелли плана тултарассишĕн тата иртерсе тултарассишĕн пынă РСФСР-ти колхозсемпе районсен социализмлă ăмăртăвĕн 1952 çулхи итогĕсене тунă. Социализмлă ăмăртура 1952 çулта мала тухнă районсем хушшинче Первомайски районĕ малти вырăн йышăннине палăртса, ăна РСФСР Ялхуçалăх министерствин куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне памалла тунă.

Республикăри малта пыракан хурт-хăмăр ăстисемпе специалистсем 1953 çулта çакăн пек çитĕнӳсем тума обязательство йышăнчĕç: кашни колхозрах пысăк тупăшлă утар, унта пыл хурчĕсем 50 çемьерен кая мар пулмалла. Хĕлле пыл хурчĕ çемйисен хисепне катмалла мар. Кашни çемьерен 35 килограмран кая мар пыл, 700 грамм ăвăс илмелле.

Пыл хурчĕсем валли яланах пыл пуçтармалли вырăнсем пулччăр тесе, колхозсенче пыллă ӳсентăрансем акмалла. Утарсем çумĕнче кашни 20—25 вĕлле пуçне 1—2 гектар çавăн пек ӳсентăрансем акнă участоксем организацилемелле. Хуратул, клевер, люцерна тухăçлăхне хăпартас шутпа вĕсене шăркалантарма утарсенчи пыл хурчĕсене çав культурăсем çине кăларса лартмалла.

Пыл хурчĕсем тухăçлăрах ĕçлеме пултарччăр тесе, икĕ корпуслă вĕллесем лартмалла, пыл хурчĕ çемйисен 40 процентне лежак-вĕллесенче тытмалла. Пыл хурчĕсене хăвăрт майпа ĕрчетессине анлă йĕркелемелле. Ку меслетпе пур пĕчĕк утарсенче те усă курни кирлĕ.

Пыл хурчĕ çемйисем çулталăкĕпех вăйлă пулччăр тесе, хĕлле кашни вĕлле пуçне апат валли 20 килограмран кая мар пыл хатĕрлесе хумалла, страховой фондра кашни çемье валли 5 килограмран кая мар пыл запасĕ усранса тăмалла, кашни вĕлле валли 20 рамăна çитмеллĕх карас пулмалла.

Пыл хурчĕ çемйисене лайăх хĕл каçарма пур утарсенче те сентябрĕн 1-мĕшĕччен типовăй зимовниксем туса çитермелле, пыл хурчĕсем ĕрчетме панă плана иртерсе тултарма кирлĕ вĕллесене майăн 1-мĕшĕ тĕлне пурне те туса пĕтермелле, киввисене юсаса çитермелле.

Орденлă Чăваш республикинчи малта пыракан хурт-хăмăр ăстисемпе специалистсем çак обязательствăсене йышăнса, тăванла Мари республикинчи хурт-хăмăр ăстисемпе специалистсене социализмла ăмăртăва чĕнчĕç. Çак ăмăртура мала тухассишĕн пĕтĕм хастарлăхпа кĕрешмелле.

**П. ЗАПОЛЬСКИЙ.**

**Чăваш республикинчи хурт-хăмăр ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекен кантур начальникĕ.**

# Тӗнчери лару-тӑру

### АНГЛИПЕ АМЕРИКА ХУШШИНЧЕ ВАШИНГТОНРА ПУЛСА ИРТНӖ КАЛАҪУ МӖН КӐТАРТРӖ

Нумаях пулмасть Вашингтонра Англипе Америка хушшинче калаҫусем пулса иртрӗҫ. Англи енчен калаҫӑва ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗ Иден тата финанс министрӗ Батлер, Америка енчен—США государство секретарӗ Даллес тата унӑн советникӗсем хутшӑннӑ.

Калаҫӑва Англири влаҫра тӑракан ушкӑнсем пуҫарнипе ирттернӗ. Экономика тӗлӗшпе йывӑрлӑхсем пӗрмай ӳссе пынине кура, вӗсем хӑйсен агрессиллӗ Сурҫӗр Атлантика блокӗнчи аслӑ партнерӗнчен пулӑшу илме шутланӑ.

Пурне те паллӑ, ҫар расхочӗсем тӳсме ҫук пысӑк пулнӑ пирки, Англире ӗҫсыннисен пурнӑҫӗ пӗрмай начарланса пырать, тулашри суту-илӳре дефицит ӳсет, куллен кирлӗ таварсем туса кӑларасси чакать, ҫурт-йӗр строительстви вӑйсӑрланса пырать. США Англие хӑйӗн авалхи рынокӗсенчен хӗссе кӑларать, Англи чӗртавар илсе тӑракан вырӑнсене туртса илет, «империпреференцийӗ» (Британи империне кӗрекен ҫӗршывсем хушшинчи суту-илӳре тарифсем тӗлӗшпе паракан ҫӑмӑллӑхсем) ҫине тапӑнса пырать, таможня тарифне ӳстерет. Ҫаксем пурте вӗсем Америка рынокӗсенче Британи империйӗн таварӗсене сутма кансӗрлесе тӑраҫҫӗ.

Британи империйӗ ылтӑн тӑратакан ҫӗршыв пулса тӑрать. Англири пуҫ пулса тӑракан ушкӑнсем США правительствине ылтӑн хакне ӳстерме кирли ҫинчен пӗр хут ҫеҫ мар асӑрхаттарнӑ. Ылтӑн хакне ӳстерни вӑл Англие доллар запасӗсене ӳстерме май панӑ пулӗччӗ Батлер каланӑ тӑрӑх, доллар запасӗсем питӗ хӑвӑрт чакса пыраҫҫӗ. Хӗҫпӑшалсем вӑйлӑн хатӗрлеме тытӑниччен вӗсем 3,8 миллиард долларлӑх пулнӑ пулсан, хальхи вӑхӑта 2 миллиард доллара ҫити чакнӑ.

Иртнӗ ҫулхи декабрь уйӑхӗнче Лондонра Британи империйӗн премьер-министрӗсен конференцийӗ пулса иртнӗ. Конференци ҫав ыйтусене пур енчен те тӗплӗн сӳтсе явнӑ. Конференци тулашри суту-илӳ енӗпе Америка хӗссе тӑрассине вӑйсӑрлатма пулӑшакан план туса хатӗрленӗ. Ҫак планӑн пӗлтерӗшӗ ҫинчен Батлер Америка хаҫачӗсен представителӗсемпе калаҫнӑ чухне уҫҫӑнах палӑртнӑ.

«Эпир,—тенӗ Англи финанс министрӗ,—доллар зонине кӗрекен ҫӗршывсемпе коммерци никӗсӗ ҫинче суту-илӳ тума май илесшӗн. Тариф енӗпе пӳлсе тӑракан чикӗсем пӗчӗккӗ пулмалла, пӑрахутсем ӳсретес ӗҫре Америка законодательстви пӳлсе тӑрасси пӗчӗккӗ пулмалла, экспорт валли кивсен укҫа парассине пӳлсе тӑрасси пӗчӗккӗ пулмалла тата ытти те».

Анчах та Англири «Санди таймс» хаҫат ҫырнӑ тӑрӑх, Лондонри конференци йышӑннӑ плана Даллес пӑхса тухнӑ та... йышӑнман Батлер ҫак плана хӑвӑртрах пурнӑҫа кӗртме кирлӗ тесе шутлачипе Америка правительстви килӗшмен. Тата та ытларах, Америка монополисчӗсен хаҫачӗ «Уолл-стрит джорнэл»: США Англие пулӑшу парас тӗлӗшпе васкама хатӗрленмест, тесе асӑрхаттарнӑ.

Иденпа Батлер Америкӑна кайса килессин тӗп тӗллевӗ—экономикӑллӑ ыйтусене сӳтсе явасси пулнӑ пулсан та, калаҫусем вӑхӑтӗнче ҫак ыйтусем иккӗмӗш вырӑнта тӑнӑ. Америка ку ыйтусем пирки питех те сахал интересленнӗ. Ҫакӑ вӑл Англи экономика тӗлӗшпе тӳссе иртерекен йывӑрлӑхсене ҫӑмӑллатма Америкӑри влаҫра тӑракан ушкӑнсем нимӗн чухлӗ те шутламаннине кӑтартса парать.

Калаҫусем ҫинчен пичетлесе кӑларнӑ официальнӑй коммюникере США представителӗсем пӗтӗмӗшлӗ тата тӗтреллӗ сӑмахсемпе «Британи империйӗн правительствисем... валютӑсене ытларах ирӗклӗн улӑштарса илме тата ытларах ирӗклӗн суту-илӳ тума кирлӗ финанс тата экономика енӗпе тытса пыракан шалти политикӑна ырланипе» чарӑнса тӑнӑ. Америка енӗ ҫак тӗллевсене пурнӑҫа кӗртес тӗлӗшпе Пӗрлешӳллӗ Штатсем конкретлӑ мӗн тума шутлани ҫинчен пӗр сӑмах та шарламан. Ҫапла вара, тӗрӗссипе илсен, Даллеспа унӑн советникӗсем Англи ыйтӑвӗсене пӑхса тухма килӗшмен.

Коммюникере «пӗтӗм тӗнчери кулленхи ыйтусем» тӗп вырӑн йышӑнса тӑраҫҫӗ. Икӗ енӗ те, чи малтан, «Европӑри оборона пӗрлешӗвӗ» текен договора «мӗнле те пулсан хӑвӑртрах» ратификацилеме интересленнине палӑртнӑ. Паллах, ҫакнашкал тума шутлани вӑл пӗрре те ҫӗнӗ ӗҫ мар, мӗншӗн тесен икӗ ҫӗршывӑн правительствисем тахҫанах ҫак договора ӗҫе кӗртме тӑрӑшаҫҫӗ. Тата ҫакӑ та паллӑ: коммюникере Сурҫӗр Атлантика блокӗн ӗҫӗсен «пӗрлӗхӗшӗн» тата «ӑнӑҫлӑхӗшӗн» паллӑнах сехӗрленни курӑнать.

Малалла тата коммюникере калаҫу участникӗсем «Вӑтам Хӗвелтухӑҫӗнчи лару-тӑрӑва» пӑхса тухни ҫинчен пӗлтернӗ. Англипе тухса тӑракан «Обсервер» хаҫатӑн Вашингтонри корреспонденчӗ кӑтартса панӑ тӑрӑх, сӑмах Англире влаҫра тӑракан ушкӑнсем «Суэц каналӗн зонинчен Англи базисенчен ҫарсене пӗтӗмпех илсе тухма Египет лартакан ыйтӑва хирӗҫ тӑрас ӗҫре Англие пулӑшма Пӗрлешӳллӗ Штатсем шантарса калассине» кӗтни ҫинчен пырать. Ҫакӑнпа пӗр вӑхӑтрах корреспондент США-па Англи Египета «Вӑтам Хӗвелтухӑҫ командованийӗ» тенӗскерне кӗртме тӑрӑшнине палӑртать. Урӑхла каласан, Египетра Англи ҫарӗсене малалла та тытса тӑмалла тӑвасси ҫинчен кӑна мар, Египет территорийӗнче Америка ҫар базисем туса хурасси ҫинчен те план туса хатӗрлеҫҫӗ.

Египетра тухакан хаҫатсем Америкӑпа Англи Египета агрессиллӗ блока хутшӑнтарма тӑрӑшнине хирӗҫ тӑраҫҫӗ, ҫавӑнпа пӗрлех вӗсем Англин хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсене Суэц каналӗн зонинчен илсе тухма требовани лартаҫҫӗ.

Вашингтонра калаҫусем иртнӗ хыҫҫӑн Англи представителӗсем Китай Халӑх Республикине хӑйсен пӑрахучӗсемпе таварсем турттарассине чарса лартма килӗшнӗ, ҫавӑн пекех тата Китая каякан пӑрахутсене Англи порчӗсенче горючисем памалла мар тунӑ. Ҫак решени ҫинчен ҫырса, Франс пресс агентстви: Англи «экономика енӗпе усӑ курас шутпа Америкӑн ҫӗнӗ правительстви умӗнче хальхи вӑхӑтра хӑшпӗр енчен каялла чакма хатӗр тӑрать», тесе шутлать. Анчах та Англири влаҫра тӑракан ушкӑнсем США-ран мӗнле те пулсан усӑ кӗтсе илессине шанма йывӑр. Китая хирӗҫ экономикӑллӑ блокадӑна вӑйлатни Англин хӑйӗн экономикӑллӑ йывӑрлӑхӗсене тата ытларах тарӑнлатасси патне кӑна илсе пыма пултарать.

Юлашкинчен пӗрле кӑларнӑ коммюникерен ҫакӑ паллӑ пулса тӑрать: США Иран нефчӗ ҫинчен тӑракан ыйту пирки Англи ӗмӗчӗсене пулӑшма килӗшнӗ. Анчах та ҫак «ырӑ кӑмӑллӑ» сӑмах Англи правительствине лӑплантарма пултараймасть пулмалла, мӗншӗн тесен госдепартамент нумаях пулмасть «Иран нефтне ҫӗнӗрен сутма тытӑнасси США пуҫ пулса тӑнипе пулса пырать» тесе каланине Лондонра манман-ха.

Ҫапла ӗнтӗ, тӗрӗссипе илсен, Вашингтонри калаҫусем путланса ларнӑ. Вӗсем США-па Англи хушшинче татса пама май ҫук пысӑк хирӗҫӳсем пуррине тата тепӗр хут кӑтартса пачӗҫ. Ҫак хирӗҫӳсем ытларах та ытларах тарӑнланса пыраҫҫӗ. Вӗсене икӗ ҫӗршывӑн государство деятелӗсем хӑйсен политики «пӗрлӗхлӗ» тата «килӗшӳллӗ» пулни ҫинчен савӑнӑҫлӑн пӗлтернипе татса пама ҫук.

### ХАЛӐХ МАССИСЕМ ХӖСНИПЕ

Ҫак кунсенче Япони парламенчӗн кӗҫӗн палати Иосида правительствине шанманнине палӑртрӗ. Япони конституцийӗн пӗр статьипе усӑ курса, Иосида кӗҫӗн палатӑна салатса яни ҫинчен тата парламентӑн ҫӗнӗ суйлавӗсене иртересси ҫинчен пӗлтерчӗ. Суйлавсем апрелӗн 19-мӗшӗнче тата 26-мӗшӗнче пулмалла. Ҫакӑ вӑл кӗҫӗн палатӑна ҫӗнӗрен туса хуриччен хальхи правительство влаҫра тытӑнса тӑрассине пӗлтерет. Ҫӗнӗ палата пулас кабинет ҫинчен тӑракан ыйтӑва татса парать. Нимӗн иккӗленмелли те ҫук, Япони реакцийӗ суйлавсем вӑхӑтӗнче тӗрлӗ майсемпе усӑ курса тата ытларах реакциллӗ парламент туса хума тӑрӑшӗ.

Март уйӑхӗн пуҫламӑшӗнчех кӗҫӗн палата Иосида хӑйне киревсӗр тыткалани ҫинчен тӑракан ыйтӑва дисциплинарнӑй комиссине пама резолюци йышӑннӑ. Ҫакна майлӑ 191 сасӑ, хирӗҫ—162 сасӑ пулнӑ. Иосида бюджет комиссийӗн ларӑвӗнче оппозици депутатне кӳрентермелле сӑмах каланӑ пулнӑ. Япони парламенчӗн историйӗнче пулман ҫак ӗҫ Иосида кабинечӗн шӑпине татса панӑ. Японири Коммунистсен партийӗ пӗлтернинче каланӑ тӑрӑх, ҫакӑ резолюци пирки сасӑлани вӑл «Америкӑн оккупациллӗ политикине тата нумай ҫулсем хушши сутӑнчӑкла ӗҫсем туса тӑнӑ правительствӑна шанманнипе пӗр танах пулнӑ».

Иосида кабинечӗн халӑха хирӗҫле политики кризис умне тухса тӑрасси тахҫанах хатӗрленсе пынӑ. Иртнӗ ҫулхи ноябрь уйӑхӗн вӗҫӗнчех, парламент сессине уҫнӑ чухне Иосидӑпа ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗ Окадзаки правительство программи ҫинчен каласа панӑ чухнех правительствӑна депутатсем чылайӑшӗ, вӑл шутра либералсем те—Иосида партийӗн членӗсем—кирлӗ пек пулӑшманни паллӑ пулнӑ. Халӑх массисем хушшинче милитаризма хирӗҫле шухӑш ӳссе пынине шута илме тивнӗ пирки, оппозици депутачӗсем правительство Японие Америка империализмӗн интересӗсене пӑхӑнтаракан политикӑна тата ытларах активлӑлатма шутланине татӑклӑн хирӗҫ тӑнӑ. Кӗҫӗн палатӑн ытларахӑшӗ, вӑл шутра 40 либерал, ун чухнех суту-илӳпе промышленность министрне Икедана шанманни ҫинчен пӗлтернӗ. Икеда ун чухне: вакӑ тата вӑтам предпринимательсем массӑллӑн панкрута тухнӑ пирки нимӗн чухлӗ те кулянмастӑп, тенӗ.

Ун чухне Икеда умне тухса тӑнӑ инкек халӗ пӗтӗм Япони правительстви умне тухса тӑчӗ. Ҫакӑ вӑл правительствӑн Америка майлӑ тытса пыракан политикине Япони халӑхӗ хирӗҫ тӑрасси вӑйланнӑ пирки пулса тӑнӑ. Ҫак политика нацин никама пӑхӑнманлӑхӗпе Япони государствин суверенитетне сиен кӳнӗ. Прогрессивлӑ парти тенӗскерӗн депутачӗ Токутаро парламентра: Японири влаҫра тӑракан ушкӑнсем «оккупаци администрацийӗн хӳрешки пек ӗҫлесе тӑраҫҫӗ», тенӗ. Ҫакӑн пек калама пур енчен те сӑлтав пулнӑ.

Иосида кабинечӗ хӑй мӗн ӗҫе тытӑннӑранпах, Америкӑн ертсе пыракан ушкӑнӗсене килӗшӳллӗ пулас тӗллевпе, хӗҫпӑшалланас политика тытса пынӑ, Японири прогрессивлӑ вӑйсене хирӗҫ чарусӑр терророра ӗҫсем туса тӑнӑ, Япони халӑхӗн пурнӑҫӗ ҫине тапӑннӑ, государство аппаратне пур майсемпе те фашизацилеме тӑрӑшнӑ.

Япони рабочи класӗ правительство забастовкӑсем тума чарасси ҫинчен йышӑннӑ закон проекчӗ пирки чӗререн тарӑхнӑ. Япони интеллигенцийӗ Иосида халӑха вӗрентес ӗҫе милитаризацилеме хӑтланнине хирӗҫ татӑклӑн тӑчӗ. Америка ҫар базисем тума ҫӗрсене конфискацилениине хирӗҫ ӗҫхресченӗсем хӑйсен хӑватлӑ сассине ҫӗклерӗҫ. Миршӗн тӑракансен юхӑмӗ кунран-кун ӳссе тӗрекленет. Вӗсем мирлӗ политика тытса пымалла тӑвассишӗн, Корейӑри вӑрҫа чарса лартассишӗн, Сан-Францискӑра йышӑннӑ «мирлӗ» договора пӑрахӑҫа кӑларассишӗн паттӑррӑн кӗрешеҫҫӗ. Ҫак договор вӑл Япони умне пысӑк хӗн-хур кӑларса тӑратрӗ.

Америкӑри влаҫра тӑракан ушкӑнсем Японирен Инҫет Хӗвелтухӑҫӗнчи ҫар плацдармӗ туса хураҫҫӗ. Ҫак ӗҫре вӗсене Иосида правительстви туллин «ӑнланса» пулӑшса тӑрать. Япони территорийӗнче Америка ҫар базисемпе ҫар объекчӗсем 600 ытла шутланаҫҫӗ. Америкӑн оккупаци влаҫӗсем Японин хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсене ура ҫине тӑратаҫҫӗ, ҫак ҫӗршывран вӗсем хӑйсен ҫар арсеналӗ туса хураҫҫӗ. Японири экономика бюровӗ пӗлтернӗ тӑрӑх, мартӑн 2-мӗшӗнчен пуҫласа 8-мӗшне ҫитиччен, пӗр эрне хушшинче, Япони ҫар предприятийӗсем США-ран напалмсем, минометсем, минӑсем, снарядсем тата ытти ҫавнашкал хӗҫпӑшалсем туса кӑларма 30 миллион долларлӑх заказ илнӗ.

Ҫакӑнпа пӗрлех Америка оккупанчӗсем Япони ҫар преступникӗсене ирӗке кӑлараҫҫӗ, вӗсене тепӗр хут правӑсем параҫҫӗ тата вӗсемпе государство аппаратӗнче, ҫавӑн пекех ҫӗнӗрен тӑвакан Япони ҫарӗнче усӑ кураҫҫӗ. Америка влаҫӗсем хушнипе Иосида правительстви Китай Халӑх Республикипе экономикӑллӑ ҫыхӑнусем тытма пӑрахрӗ.

Анчах Япони халӑхӗ хӑйӗн ҫӗршывӗнче Америка пуҫ пулса тӑнипе килӗшесшӗн мар, вӑл Америка империалисчӗсене пуйтарас тӗллевпе хӑйӗн юнне юхтарасшӑн мар. Ҫӗршывра миршӗн, ирӗклӗхшӗн тата Японин никама пӑхӑнманлӑхӗшӗн халӑх юхӑмӗ вӑйланса пырать. Ҫак юхӑм Иосидӑн халӑха хирӗҫле хальхи правительствин кризисне туса хучӗ.

**Д. БОЧАРОВ.**

# Бундестагра сепаратнӑй ҫар договорӗсене сӳтсе явни

БЕРЛИН, мартӑн 19-мӗшӗ. (ТАСС). Паян бундестаг (Хӗвеланӑҫ Германи парламенчӗ) Бонна Парижра алӑ пуснӑ ҫар договорӗсене виҫҫӗмӗш хут сӳтсе явма тытӑннӑ. Бундестагри лару-тӑру тата унӑн тулашӗнчи ӗҫсем Аденауэр ҫак пуҫмӑрлӑ договорсене кирек мӗнле пулсан та йышӑнтарма шутлани ҫинчен калаҫҫӗ. Бонн влаҫӗсем туса иртерекен терророла ӗҫсем Аденауэр ушкӑнӗ ытла та сехӗрленсе ӳкнине кӑтартаҫҫӗ.

Бонра кӑна мар, унӑн ҫывӑхӗнчи хуласенче те, тӗрӗссипе илсен, вӑрҫӑ чухнехи пек йӗрке туса хунӑ. Пӗтӗм полицие тата вӑрттӑн тунӑ ҫар организацийӗсене пур енчен те хатӗр тытса тӑраҫҫӗ. Рейтер агентствипе Хӗвеланӑҫ Германири ДПА агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, Кельн хулинчен тата Сурҫӗр Рейн-Вестфали ҫӗрӗнчи ытти хуласенчен Бона полици чаҫӗсем илсе пынӑ. Бундестаг ҫуртне полици хупӑрласа тӑрать. Бундестаг ҫурчӗ тӑррине те вӑйлӑ полици нарядчӗсем вырнаҫтарнӑ. Вӗсем унта радиопередатчикпа лараҫҫӗ. Бундестаг патне пыракан ҫулсене пралук картасемпе пӳлсе лартнӑ, вӗсене полицин вӑйлатнӑ хуралӗ хӳтӗлесе тӑрать. Бонн хулине пыракан ҫулсене те полицисем йышӑнса илнӗ. Халӑха хирӗҫ пыракан ҫак тискер кавара хирӗҫ протест пама Бонн хулине машинӑсемпе тата ҫуран пыракан ҫынсене тытса чарма полицейскисене приказ панӑ.

Полици темӗн пек ҫирӗп мерӑсем йышӑннӑ пулсан та, Бонн хулине Хӗвеланӑҫ Германи халӑхӗн делегацийӗсем ҫаплах пырса тӑраҫҫӗ, вӗсем бундестаг депутачӗсене ҫар договорӗсене ратификацилеме ирӗк партарасшӑн мар

Бундестаг ларӑвӗ уҫӑличчен маларах полици отрячӗсем хулари темиҫе пин ҫын ҫине тата ытти хуласенчен килсе ҫитнӗ, депутатсене курасшӑн пулнӑ делегацисен членӗсем ҫине тапӑннӑ. Полици бундестаг патне пухӑннӑ ҫынсене брандспойтран шыв сапнӑ тата вӗсене резина патаксемпе хӗненӗ. Аманнисем нумай. Темиҫе ҫынна арестленӗ.

Аденауэрпа унӑн ҫыннисем сехӗрленсе ӳкни Хӗвеланӑҫ Германири ӗҫсыннисем хирӗҫ тӑнинчен ҫеҫ мар тата тулашри политика сӑлтавӗсенчен те килет. Франци халӑх енчен ҫар договорӗсене протестлесси тӑвӑллӑн ӳссе пыни ҫинчен пӗлтерекен ҫӗнӗ те ҫӗнӗ хыпарсем килсе тӑраҫҫӗ. Ҫавна пула Франци правительствин Бонн парламенчӗн кун йӗркинчен ҫак ыйтӑва кӑларма ыйтмалла пулнӑ. Ҫакӑнпа пӗрлех Аденауэра Вашингтон хыттӑн хӗссе тӑрать. Вӑл, Бонпа Париж договорӗсене Аденауэр США-на пырса ҫитиччен ҫирӗплетме хушать. Аденауэра апрелӗн 6-мӗшӗ тӗлне США-на пыма чӗннӗ.

Хаҫатсем ҫапла паллӑ тӑваҫҫӗ: бундестагра договорсене виҫҫӗмӗш хут сӳтсе явни Аденауэршӑн ӑнӑҫлӑ пулас пулсан та, вӑл хӑйӗн тӗллевӗнчен инҫетре пулать. Ӑна пурнӑҫа кӗртме, бундестагӑн иккӗмӗш палати решени йышӑнни тата Карлсруэри конституци сучӗ ҫирӗплетни кирлӗ.

Бундестаг ларӑвӗн пуҫламӑшӗнче социал-демократсен партийӗн представителӗ Эрлер договорсене виҫҫӗмӗш хут сӳтсе явассине тепӗр вӑхӑта хӑварма сӗннӗ. «Договорсенче мӗн ҫырнине никам та пӗлмест», тенӗ Эрлер.

Правительство партийӗсен депутачӗсем, уйрӑммӑн илсен, христианла-демократла союзӑн, христианла социальнӑй союзӑн, «демократиллӗ ирӗклӗ партин» тата нимӗҫ партийӗн фракцийӗсен депутачӗсем Бонпа Парижри договорсене виҫҫӗмӗш хут сӳтсе явассине тепӗр вӑхӑта хӑварма панӑ сӗнӗве хирӗҫ тухса каланӑ.

Ларура малалла Коммунистсен партийӗн фракцийӗн членӗ Фриц Рише депутат тухса каланӑ. Вӑл нимӗҫ халӑхӗ ячӗпе ҫар договорӗсене ратификацилесси ҫинчен тӑракан ыйтӑва бундестаг кун йӗркинчен кӑларма хушнӑ. Компарти фракцийӗ социал-демократсен фракцийӗ тӑратнӑ сӗнӗве йышӑнать, тенӗ вӑл. Анчах социал-демократсен фракцийӗн ораторӗ кӑларса тӑратнӑ аргументсемпе компарти фракцийӗ килӗшмест. Мӗншӗн тесен, тенӗ Фриц Рише, социал-демократсен фракцийӗ хӑйӗн аргуменчӗсемпе Германи империализмӗн интересӗсене хӳтӗлес ҫул ҫине тӑнине кӑтартать.

Фриц Рише сӑмахне хирӗҫ правительство партийӗсен депутачӗсем, вӗсемпе пӗрле социал-демократсен партийӗн депутачӗсем те обструкци тунӑ. Ҫапла вара вӗсем хӑйсем икӗпитлӗ пулнине кӑтартнӑ.

Фриц Рише сӑмах каланӑ хыҫҫӑн ҫак ыйту пирки сасӑлама тытӑннӑ. Правительство коалицийӗн депутачӗсем социал-демократсен фракцийӗ Бонпа Париж ҫар договорӗсене виҫҫӗмӗш хут сӳтсе явассине тепӗр вӑхӑта хӑварма панӑ сӗнӗве сирсе пӑрахнӑ. Германири социал-демократсен партийӗн сӗнӗвӗшӗн, социал-демократсен фракцийӗн членӗсемсӗр пуҫне тата Германири Коммунистсен парти фракцийӗн депутачӗсем тата федералистла союзӑн фракци членӗсен ытларахӑшӗ сасӑланӑ.

Бундестагра ҫак ыйтӑва сӳтсе явасси Бонн канцлерӗ Аденауэр правительство ячӗпе сӑмах каланинчен пуҫланнӑ. Вӑл каланӑ чухне депутатсем ӑна хирӗҫлесе протестленӗ, кӑшкӑрнӑ.

Аденауэр хӑйӗн сӑмахӗнче Совет Союзӗпе халӑх демократи ҫӗршывӗсем ҫинчен элеклесе каланӑ. Вӑл Хӗвеланӑҫ Германие агрессиллӗ Сурҫӗр Атлантика союзне кӗртесси тата Хӗвеланӑҫ Германи ҫарне туса хурасси США хушнипе пулса пынине пытарса тӑман. «Европӑри оборона пӗрлешӗвне» туса хунине Англи правительстви те ырласа йышӑнать, тенӗ вӑл. Хӗвеланӑҫӗнчи империализмла державӑсен интересӗсене шута илсе, Аденауэр ҫав вӑхӑтрах ют ҫӗршывсемпе Хӗвеланӑҫ Германи империалисчӗсен планӗсене пурнӑҫланипе Бонн правительстви Германин тата Германи халӑхӗн тӗп интересӗсене сутни ҫинчен нимӗн те шарламан. Правительство коалицийӗнчи партисен ячӗпе ҫавӑн пекех фон Брентано тата социал-демократсен «оппозицийӗ» ячӗпе Олленхауэр сӑмах тухса каланӑ.

БЕРЛИН, мартӑн 19-мӗшӗ. (ТАСС). Гамбургри радио пӗлтернӗ тӑрӑх, Бонн бундестагӗ паян виҫҫӗмӗш хут сӳтсе явнӑ хыҫҫӑн Бонн ҫар договорне йышӑннӑ. Договор майлӑ правительство партийӗсемпе Бавари партийӗнчен 226 депутат сасӑланӑ. Договора хирӗҫ 164 депутат сасӑланӑ. Хирӗҫ сасӑланӑ депутатсем хушшинче — социал-демократсен партийӗн, коммунистсен партийӗн, центр партийӗн депутачӗсем тата нихӑш фракцие те кӗмен темиҫе депутат. Икӗ депутат нихӑш майлӑ та сасӑламан. Социал-демократсен партийӗ договора тӳрлетсе ҫырма панӑ сӗнӳсене сирсе пӑрахнӑ.

Каярахпа бундестаг Европӑри оборона пӗрлешӗвне тӑвасси ҫинчен калакан договора йышӑннӑ. Договоршӑн 224 депутат, ӑна хирӗҫ 165 депутат сасӑланӑ, икӗ депутат нихӑш майлӑ та сасӑламан.

# „Самолет“ колхозра

КАЛИНИНО. Колхоз 1952 ҫулта хуртхӑмартан пысӑк тупӑш илнӗ. Пыл сутса тунӑ укҫапа юлашки ҫулсенче ЗИС-5 маркӑллӑ автомашина, 18 лаша вӑйлӗ двигатель, брабансон ӑратлӑ ӑйӑр илнӗ. Хурт пӑхакансене пурӑнма ҫурт тата вӗллесене лартма омшаник ҫӗнӗрен лартнӑ.

* * *

Кӗрхи тырӑсен калчине апат пама колхоз вырӑнти удобренисем нумай хатӗрленӗ. Ҫак кунсенче ялхуҫалӑх снабженин складӗнчен минераллӑ удобренисем 220 тонна кӳрсе килнӗ. Минераллӑ удобренисем турттарма колхоза Калинино МТС-ӗ пулӑшрӗ.

* * *

Фермӑри йывӑр ӗҫсене механизацилесси анлӑн сарӑлса пырать. Сысна фермине ҫак уйӑхра икӗ кормокухня ӗҫлеме пуҫланӑ. Вӗсенче сыснасем валли апат пӗҫереҫҫӗ.

**В. ВАСИЛЬЕВ.**

# Сортлӑ вӑрлӑхсем улӑштараҫҫӗ

ВӐРНАР. Кольцовкӑпа Вӑрнар, Кольцовкӑпа Йӗпреҫ хушшинчи ҫулсем тӑрӑх ҫак кунсенче тулли лавсем вуншарӑн иртеҫҫӗ. Республикӑри колхозсем Сталин ячӗпе тӑракан Ленин орденлӗ колхозран сортлӑ вӑрлӑх турттараҫҫӗ.

«Заготзерно» Кольцовкӑри пункчӗ пирӗн республикӑри колхозсене «Лютесценс-062» сортлӑ ҫурхи тулӑ, «Диппе» сортлӑ сӗлӗ, «Торсдаг» сортлӑ пӑрҫа тата тимофеевка вӑрлӑхӗ 170 центнер улӑштарса панӑ.

Орденлӗ колхозӑн уй-хирӗсенче ӳстернӗ сортлӑ вӑрлӑхсене Чӑваш республикине ҫеҫ мар, ытти республикӑсенчи тата облаҫсенчи колхозсене те ӑсатаҫҫӗ. «Заготзерно» Кольцовкӑри пункчӗ нумаях пулмасть Карело-Финн ССР-ӗнчи, Мускав, Владимир тата Россия Федерацийӗнчи ытти облаҫсенчи колхозсене те сортлӑ вӑрлӑх нумай ярса панӑ

**Н. ЛЕОНИДОВ.**

# Экзаменсем вӗҫленчӗҫ

Республикӑри вӑтам ялхуҫалӑх шкулӗнче хӗллехи экзаменсем вӗҫленчӗҫ. Экзамен вӑхӑтӗнче вӗренекенсем ҫирӗп те тарӑн пӗлӳ илни курӑнчӗ.

СССР историйӗпе пулнӑ экзаменра пӗрремӗш курсри 49 вӗренекенрен 28 ҫын «отлично» тата «хорошо» паллӑсем илчӗҫ. Ку курсри Ильин, Чернов, Якимов, Шашкин, Алексеева юлташсем ытти предметсемпе те лайӑх паллӑсем илнӗ.

Аслӑ курссенче специальнӑй предметсемпе пулнӑ экзаменсенче вӗренекенсем, иртнӗ вӗренӳ ҫулӗпе танлаштарсан, чылай лайӑхрах вӗренни палӑрать. Уйрӑмах Максимов, Андреев, Павлав, Кириллов тата ыттисем те вӗреннӗ материала питӗ лайӑх пӗлнине кӑтартса пачӗҫ.

Отличниксен хисепӗ, иртнӗ ҫур ҫултипе танлаштарсан, 27 процент ӳснӗ.

Халӗ вӗренекенсем хӗллехи каникула кайрӗҫ. Вӗсем колхозсенче ҫуракине хатӗрленес ӗҫе хутшӑнаҫҫӗ, хӑйсен пӗлӗвӗсемпе практикӑра усӑ кураҫҫӗ.

**В. ШАЛТАЙКИН.**

# Цейлон Америка политикине йышӑнмасть

ЛОНДОН, мартӑн 19-мӗшӗ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчӗ Коломборан пӗлтернӗ тӑрӑх, Цейлон ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министерствин представителӗ ӗнер: Цейлон Китайпа суту-илӳ тума йышӑннӑ килӗшӗве улӑштармасть, тесе пӗлтернӗ. Ҫак килӗшӳ тӑрӑх Цейлон Китая каучук тӑратать. Акӑлчансемпе американецсем ҫакнашкал материалсем тӑратассине хирӗҫ пыраҫҫӗ.

Нумаях пулмасть Цейлон Китайпа 5 ҫуллӑха суту-илӳ килӗшӗвӗ тума калаҫса татӑлнӑ. Цейлон Китая ҫулталӑкра 50 пин тоннӑна яхӑн каучук тӑратать, ун вырӑнне Китайран 270 пин тонна рис илет.

# Милитаризациленине пула

ПАРИЖ, мартӑн 20-мӗшӗ. (ТАСС). «Юманите» хаҫат ҫапла пӗлтерет: 1952 ҫулта Францире куллен кирлӗ таварсем туса кӑларасси, пӗтӗмӗшпе илсен, 10 процент чакнӑ. Уйрӑммӑн илсен, ҫак вӑхӑт хушшинче кӗленче промышленноҫӗнче производство 16 процент, пир-авӑр промышленноҫӗнче—10 процент, тирсӑран промышленноҫӗнче—12 процент, ҫусем туса кӑларасси—12 процент, хутпа картун туса кӑларасси—20 процент чакнӑ.

**Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.**

### КИНО

«РОДИНА»—мартӑн 22-мӗшӗнче 10, 12 тата 14 сехетре пуҫланакан сеанссенче **«Воздушный извозчик»**. Каҫхи сеанссенче—**«Горячее сердце»**, 16 тата 20 сехетре пуҫланакан сеанссенче—пӗрремӗш сери, 18 сехет те 15 минутра тата 22 сехетре пуҫланакан сеанссенче—иккӗмӗш сери.

«УДАРНИК»—мартӑн 22-мӗшӗнче **«Девушка моей мечты»**.

### ТЕАТР

ЧӐВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРӖНЧЕ—мартӑн 22-мӗшӗнче чӑвашла спектакльсем: 12 сехетре — **«Виҫӗ туй»**, 20 сехетре — **«Ревизор»**.

ҪАМРАКСЕН ТЕАТРӖ—мартӑн 22-мӗшӗнче **«Аттестат зрелости»**. Спектакль 20 сехетре пуҫланать.



Шупашкар хулинче Энгельс урамӗнчи 6-мӗш ҫуртра, 2-мӗш хваттерте пурӑнакан Евгений Гаврилович Табаков арӑмӗпе — Хусан хулинче, Новое Караваево поселокӗнче, Верхоянски урамри 8-мӗш ҫуртра пурӑнакан Екатерина Кузьминична Табаковӑпа уйрӑлма ӗҫ пуҫарнӑ. Ӗҫе Хусан хулинчи Ленински районӗнчи 2-мӗш участокри халӑх судӗнче пӑхса тухаҫҫӗ.

# Корейӑри ӗҫсем

### ХАЛӐХ ҪАРӖН ГЛАВНӐЙ КОМАНДОВАНИЙӖ ПӖЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, мартӑн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх ҫарӗн Главнӑй командованийӗ паян ҫапла пӗлтернӗ: иртнӗ кун хушшинче Корея Халӑх ҫарӗпе Китай халӑх добровольцӗсен чаҫӗсем Америкӑпа Англи интервенчӗсене тата Ли Сын Ман ҫарӗсене хирӗҫ малтанхи вырӑнсенче артиллерирен персе ҫапӑҫнӑ.

# Чехословакири Наци пухӑвӗн хурлӑхлӑ ларӑвӗ

ПРАГА, мартӑн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Чехословаки Республикин Президентне Клемент Готвальда тата ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗн Председательне Генералиссимус Иосиф Виссарионович Сталина асӑнса паян Прагӑра Наци пухӑвӗн хурлӑхлӑ ларӑвӗ пулнӑ.

Наци пухӑвӗн залӗ—траурта. Президиум хыҫӗнче сылтӑм енче—Иосиф Виссарионович Сталин барельефӗ, ӑна СССР государство ялавӗсемпе илемлетнӗ. Сулахай енче—Клемент Готвальд барельефӗ, ӑна Чехословаки Республикин государство ялавӗсемпе илемлетнӗ.

Наци пухӑвӗн председателӗ Олдржих Йон ларӑва уҫать. Депутатсем ура ҫине тӑрса унӑн траурлӑ сӑмахне итлеҫҫӗ.

Олдржих Йон сӑмах каланӑ хыҫҫӑн депутатсем, пӗр минут хушши шӑп пулса, Чехословаки Республики Президенчӗн Клемент Готвальдӑн ятне тата ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗн Председателӗн Иосиф Виссарионович Сталинӑн ятне хисеп тӑваҫҫӗ.

Чехословаки Республикин Президенчӗ Клемент Готвальд вилнӗ пирки СССР Верховнӑй Совет Президиумӗ хурланса пӗлтернӗ телеграммӑна вуласа параҫҫӗ.

Депутатсем, пурте пӗр шухӑшлӑ пулса, Чехословаки Наци пухӑвӗ СССР Верховнӑй Советне хурланса пӗлтернӗшӗн тав туса ҫырнӑ телеграмма текстне ырланӑ.

# Албанире кадрсем хатӗрлени

ТИРАНА, мартӑн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Албани промышленноҫне квалификациллӗ рабочисем ытларах та ытларах кирлӗ. Ҫӗршывра рабочисен квалификацине курссенче, стахановла шкулсенче, фабрикӑпа завод училищисенче вӗрентнипе, ҫавӑн пекех тата стахановец-рабочисемпе техниксем ҫамрӑк рабочисене шефа илнипе ӳстерсе пыраҫҫӗ.

Сталин ячӗпе тӑракан пир-авӑр комбинатӗнче иртнӗ ҫул мӗнпур рабочисенчен 60 процентне техникӑна вӗреннӗ. Энвер Ходжа ячӗпе тӑракан заводри, Мисто Мане ячӗпе тӑракан фабрикӑри рабочисем 30 процент таран техникӑна вӗреннӗ.

Квалификациллӗ кадрсем хатӗрлесси сӑрт-ту промышленность предприятийӗсенче анлӑн сарӑлнӑ. 1953 ҫулта горняксен квалификацине ӳстерме 100 курс уҫмалла, иртнӗ ҫулхинчен 2,3 хут ытларах рабочисем вӗрентсе хатӗрлемелле. Ытти промышленность предприятийӗсенче иртнӗ ҫулхинчен 1,4 хут ытларах рабочисем вӗрентсе хатӗрлемелле.

# Пуэрто-Рикори транспорт рабочийӗсен забастовки

НЬЮ-ЙОРК, мартӑн 20-мӗшӗ. (ТАСС). Интернейшнл ньюс Сервис агентствин корреспонденчӗ Сан-Хуанран пӗлтернӗ тӑрӑх, Пуэрто-Рикори транспорт рабочийӗсем пӗтӗмӗшле забастовка пуҫласа янӑ. Рабочисем ӗҫ укҫи ӳстерме тата хӑйсен ытти ыйтӑвӗсене тивӗҫтерме требовани лартнӑ пирки пынӑ калаҫусем вӑхӑтӗнче нимӗнле килӗшӳ те тӑвайман пулнӑ. Ҫавӑн хыҫҫӑн забастовка пуҫланнӑ. Забастовкӑна профсоюзӑн рядовой членӗсем пуҫланӑ. Профсоюз лидерӗсем забастовка пуҫлассине хирӗҫ пулнӑ.

Корреспондент каланӑ тӑрӑх, забастовка политикӑллӑ тӗллев тытать, мӗншӗн тесен забастовкӑна хутшӑннӑ нумай рабочисем ирӗклӗхшӗн кӗрешекен партипе ҫыхӑну тытаҫҫӗ.

РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—3-99, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—5-74, парти пурнӑҫ пайӗ—3-99, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 01044 Типографи №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.